ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Март
17
ЫТЛАРИКУН
№ 56 (8965)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

Мартăн 15-мĕшĕнче Кремльте Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕ пулнă.

Верховнăй Совет, пурте пĕр шухăшлă пулса, çĕршыв пурнăçне тĕрĕс ертсе пыма май паракан решенисем йышăннă.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ пулма К. Е. Ворошилов юлташа суйланă.

ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма Г. М. Маленков юлташа уйăрса лартнă. Г. М. Маленков юлташ сĕннипе Верховнăй Совет СССР правительствин—СССР Министрĕсен Совечĕн составне çирĕплетнĕ. СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕсем пулма Л. П. Берия, В. М. Молотов, Н. А. Булганин тата Л. М. Каганович юлташсене, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн заместителĕ пулма А. И. Микоян юлташа çирĕплетнĕ.

## Колхозсене аталантарас ĕçре колхозниксен творчествăлла активлăхне вăйлатар!

Пирĕн Тăван çĕршыв историллĕ кунсенче пурăнать. Халăхсен аслă çулпуçне тата учительне Иосиф Виссарионович Сталин юлташа юлашки çула ăсатса, унăн тупăкĕ умĕнче партипе правительство руководителĕсем Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем рабочисене, колхозниксене, интеллигенцие, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕçсыннисене коммунизм тăвас ĕçри хастарлăха çĕнĕ вăйпа ӳстерсе пыма чĕнсе каларĕç.

Асран кайми çак хурлăхлă кунсенче ĕçсыннисем хăйсен ретне Коммунистсен партийĕ, унăн Центральнăй Комитечĕ тата Совет Правительстви тавра тата та чăрах пĕтĕçтереççĕ, производствăра ывăнма пĕлмесĕр хастарлăхпа ĕçлеççĕ, Тăван çĕршыв вăй-хăватне малалла тĕреклетсе пыраççĕ.

Пĕтĕм çĕршывпа пĕрле ял ĕçченĕсем те коммунизм строительствинчи çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн кĕрешеççĕ. Вĕсем ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ, Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Г. М. Маленков юлташ Аслă Сталин тупăкĕ умĕнче каланине асра тытаççĕ. «Пирĕн колхоз стройне пур майсемпе те тĕреклетсе пымалла,—терĕ Маленков юлташ,—совет çĕршывĕнчи мĕнпур колхозсене малалла çĕклесе чечеклентерсе пымалла, рабочи класпа колхоз хресченĕсен союзне çирĕплетмелле». Çак кăтартăва пурнăçлас ĕçе колхозниксемпе колхозницăсем хăйсен тасативĕçĕ тесе шутлаççĕ.

Иртнĕ çулта колхозсем малалла аталанса пычĕç. Çавна колхозсенче кăçал пулса иртнĕ отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсем те витĕмлĕн çирĕплетсе пачĕç. Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениллĕ ĕçĕпе хавхаланнă колхозниксем 1952 çулхи çитĕнӳсене пăхса тухас, çитменлĕхсемпе йăнăшсене уçса парăртас ĕçе тимлĕн туса ирттерчĕç, ялхуçалăхĕнче çĕнĕ çитĕнӳсем тума паха майсем кăтартса пачĕç.

Республикăри мĕнпур колхозсене пример кăтартса ĕçлекен малта пыракан ялхуçалăх артелĕсем 1952 çултах партин XIX-мĕш съезчĕ тырпул тухăçлăхне çĕнĕ пилĕкçуллăхра ӳстерме панă заданисене ирттерсе тултарчĕç, обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе те çитĕнӳсем турĕç. Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз вăйлă тырпул туса илнипе, обществăллă хуçалăха нумай енлĕ аталантарса пынипе Тăван çĕршыври тивĕçлипе чапа тухрĕ. Чкаловски районĕнчи «Гвардеец», Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозсен çитĕнĕвĕсем те савăнтараççĕ.

Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз 1952 çулта кашни гектартан 20 центнер тĕштырăсемпе пăрça йышши культурăсем пухса кĕртнĕ. Çанталăк лайăх пулман пулин те, колхоз пĕлтĕр пур ялхуçалăх культурисем енĕпе те тухăçлăх планне ирттерсе тултарнă. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ те ӳссе пырать.

Коммунистсен партийĕ вĕрентсе çитĕнтернĕ колхозниксемпе колхозницăсем тунă çитĕнӳсемпе лăпланса лармаççĕ. Вĕсем ялхуçалăхне вăйлатса пырас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине те шута илеççĕ, вĕсене пĕтерсе пырса çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн кĕрешеççĕ.

Колхозсенчи отчетпа суйлав пухăвĕсенче колхозниксем правленисене, çавăн пекех ялхуçалăх органĕсемпе МТС-сене хытă критиклерĕç. Вĕсем колхозсене ертсе пырас, обществăллă хуçалăха тăтăшах тĕреклетес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Калинино районĕнчи Чкалов ячĕпе тăракан колхозри отчетпа суйлав пухăвĕнче МТС-а тивĕçлипе критиклерĕç. Вăл колхозпа тунă договора пурнăçа кĕртмен. Тулла кая юлса акса панă, кĕрхи çĕртме тумалли, авăн çапмалли заданисене тултарман.

Советски районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан, Чкаловски районĕнчи «Пламя Октября», Чурачăк районĕнчи «Авангард» колхозсенче, çавăн пекех ытти районсенчи нумай колхозсенче пулса иртнĕ пухусенче артель правленийĕсем вăйлă тырпул туса илме, обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатма колхозниксене начар мобилизацилени, машина-трактор станцийĕсем çĕрĕç культурине тĕплĕ пурнăçламанни çинчен каларĕç.

Отчетпа суйлав пухăвĕсен решенийĕсенче çакă уçăмлăн курăнса тăрать: выпăнти мĕнпур майсемпе резервсене колхозсен производствăри тĕп задачисене — тырпул тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх шутне ӳстернипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ӳстерес задачăсене пăхăнтармалла; государство паракан хăватлă техникăпа, çавăн пекех ытти пулăшупа тĕрĕс усă курмалла; ялхуçалăх артелĕн Уставне — колхоз пурнăçĕн тĕп законне пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пымалла; ĕçе организацилессине малалла лайăхлатмалла; наука çитĕнĕвĕсене тата малта пыракан опыта анлăн сарса пымалла.

Колхозниксемпе колхозницăсем колхозсен 1952 çулхи ĕç итогĕсем тăрăх йышăннă решенисен пĕлтерĕшĕ пысăк. Вĕсене пĕтĕмпех пурнăçа кĕртмелле тăвассишĕн кĕрешесси партипе совет, ялхуçалăх работникĕсемпе колхоз правленийĕсен ответлă тивĕçĕ. Колхозсене организаципе хуçалăх енĕпе малалла хăвăрт тĕреклетсе пырас тесен, парти, совет, ялхуçалăх работникĕсен ялхуçалăхне ертсе пырас тĕлĕшпе пурнăçри нумай ĕçсене шаблонпа, ячĕшĕн кăна туса пынине тĕпĕпех пĕтерес пулать. Ялхуçалăх артелĕсен ĕçне вăтам показательсем тăрăх хак пани, вĕсене вара çав вăтам показательсем тăрăх ертсе пыма хăтланни пулмалла мар. Кашни колхозăн экономикине уйрăммăн тĕпчесе вĕренни кирлĕ. Çавăн пек чухне тин колхозсене тĕрĕс ертсе пыма, вĕсен хуçалăхне тĕрĕс аталантарса пыма май пур. Колхозниксем пухусенче панă сĕнӳсене тĕп вырăна хурса, ялхуçалăх органĕсен кашни колхоз тăрăх обществăллă хуçалăха вăйлатса пыма, çитменлĕхсене пĕтерме, кая юлса пыракан колхозсене малтисемпе танлашма пулăшакан конкретлă мероприятисем палăртмалла. Партипе совет органĕсен тата колхозсенчи пуçламăш парторганизацисемпе правленисем колхозниксен творчествăллă активлăхне ӳстерсе, вăйлатса пыни кирлĕ. Ĕç вăхтинче çитĕнӳсем тума социализмла ăмăртăва сӳлĕ пусăма çĕклемелле. Паян ĕнерхинчен, ыран паянхинчен тухăçлăрах ĕçлесси — кашни ял ĕçченĕн хисеплĕ тивĕçĕ. Колхозник-ударниксен пĕрремĕш съездĕнче колхозниксенчи юратнă çывăх тусĕ Сталин юлташ çапла каланă: «Колхозниксене пуян пурăнакансем пулма, çакна тума халĕ пĕр япала кăна кирлĕ — колхозра тӳрĕ кăмăлпа ĕçлемелле, тракторсемпе тата машинăсемпе тĕрĕс усă курмалла, ĕç выльăхĕсемпе тĕрĕс усă курмалла, çĕре тĕрĕс ĕçлемелле, колхоз харпăрлăхне упраса усрамалла». Çак аслă кăтартăва тăтăшах пурнăçласа пыма мĕнпур колхозниксемпе механизаторсене активлăн хутшăнтармалла.

Отчетпа суйлав пухăвĕсем йышăннă решенисене пурнăçласси куллен-кун туса пымалли ĕç. Хальхи вăхăтри чи ответлă ĕç вăл—çураки ирттерме пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитесси, обществăллă выльăх-чĕрлĕхе тĕрĕс-тĕкел хĕл каçарасси, çамрăк выльăхсене лайăх пăхса ӳстересси пулать.

Çуракине тухасси инçе юлмарĕ ĕнтĕ. Анчах нумай районсенчи МТС-семпе колхозсем ăна лайăх ирттерме начар хатĕрленеççĕ. Хĕрлĕ Чутай, Советски, Чурачăк машина-трактор станцийĕсем тракторсем юсамалли плана тултарассишĕн тивĕçлипе ĕçлемеççĕ. Колхозсенче ялхуçалăх машинисене, инвентаре вăраххăн юсаççĕ. Хĕллехи агротехникăллă ĕçсене пурнăçлас, паха вăрлăх хатĕрлес тĕлĕшпе те çитменлĕхсем нумай-ха. Чылай районсенче обществăллă выльăх-чĕрлĕхшĕн кирлĕ пек тăрăшни çук. Ку енĕпе Ишлей, Октябрьски, Куславкка, Шăхасан районĕсене уйрăммăн палăртмалла. Колхозниксем правленисене панă наказсене пурнăçлассишĕн кĕрешсе, çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле.

Чкаловски районĕнчи ял ĕçченĕсем 1953 çулта ялхуçалăхĕнчи ĕçсене ăнăçлă туса ирттерме республикăри мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсене, МТС работникĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсене социализмла ăмăртăва анлăн хутшăнма чĕнсе каларĕç. Çав чĕнĕве парти райкомĕсен, колхозсемпе МТС-сенчи парторганизацисен колхозниксене, механизаторсене, ялхуçалăх специалисчĕсене ăнлантарса памалла, вĕсене 1953 çулта çĕнĕ çĕнтерӳсем тума мобилизацилемелле.

## Чехословаки Республикин Наци пухăвне

Хаклă юлташсем!

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕ Чехословаки Республикин Президенчĕ, государствăн паллă деятелĕ тата Чехословаки халăхĕсен юратнă çулпуçĕ Клемент Готвальд юлташ вилнĕ пирки чĕререн хурланни çинчен пĕлтерет.

Сирĕнпе пĕрле эпир Чехословаки халăхĕсен çулпуçĕ, халăх демократиллĕ çĕнĕ Чехословаки государствин ывăнма пĕлмен организаторĕ, Совет Союзĕн шанчăклă тусĕ Клемент Готвальд вилнĕ пирки хытă хурланатпăр.

ССР СОЮЗĔН ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔ.

## СССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔ

### СССР Верховнăй Совечĕн 1953 çулхи мартăн 15-мĕшĕнче пулнă ларăвĕ çинчен

# информациллĕ пĕлтерӳ

Мартăн 15-мĕшĕнче, кăнтăрла иртсен 2 сехетре, Кремльте, Кремельти Пысăк Дворецра СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕ уçăлнă.

Союз Совечĕпе Национальноçсен Совечĕн пĕрлехи ларăвне Союз Совечĕн Председателĕ М. А. Яснов депутат уçнă.

М. А. Яснов депутат сĕннипе СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ СССР Верховнăй Совет депутачĕ, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ **Иосиф Виссарионович Сталин** ятне ура çине тăрса хисеп тăвать.

Председатель пулса ертсе пыраканĕ сессие Чехословаки Республикин Президенчĕ Клемент Готвальд вилни çинчен пĕлтерет. Сесси Клемент Готвальд ятне ура çине тăрса хисеп тăвать тата Президент К. Готвальд вилнĕ пирки Чехословаки Республикин Наци Пухăвне чĕнсе калани йышăнать.

Председатель пулса ертсе пыраканĕ—Союз Совечĕн Председателĕ **М. А. Яснов** депутат сессире пăхса тухма çак ыйтусене тăратни çинчен пĕлтерет:

1. СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне суйласси çинчен.

2. СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне уйăрса лартасси çинчен.

3. СССР Министрĕсен Совечĕн составĕ çинчен тата СССР министерствисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен.

4. СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарьне суйласси çинчен.

5. СССР Конституцийĕн 70, 77 тата 78-мĕш статьисене улшăнусемпе хушусем кĕртесси çинчен.

Сесси, пурте пĕр саслă пулса, çак ыйтусене хăйĕн ĕçĕн кун йĕркине кĕртет.

**Н. С. Хрущев** депутат сĕннипе сесси **Н. М. Шверник** депутата, вăл урăх ĕçе куçнă пирки, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн ĕçĕсенчен хăтарать, Н. М. Шверника СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕ пулма суйлать.

Сесси, пурте пĕр саслă пулса, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ пулма **Климент Ефремович Ворошилов** депутата суйлать.

Кун йĕркинчи иккĕмĕш ыйту тăрăх—ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне уйăрса лартасси çинчен Председатель пулса ертсе пыраканĕ **Л. П. Берия** депутата сăмах парать.

Сесси пурте пĕр шухăшлă пулнипе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма **Георгий Максимилианович Маленков** депутата уйăрса лартнине çирĕплетет тата ăна СССР Верховнăй Советне ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн составĕ çинчен сĕнӳ тăратма хушать.

Сесси кун йĕркинче тăракан виççĕмĕш ыйтăва—СССР Министрĕсен Совечĕн составĕ çинчен тата СССР министерствисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма тытăнать.

ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ **Г. М. Маленков** СССР Верховнăй Советĕнче пăхса тухма СССР министерствисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен тата ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн составĕ çинчен сĕнӳ тăратать.

СССР Верховнăй Совечĕ пурте пĕр шухăшлă пулнипе, палатăсем тăрăх уйрăмшарăн сасăласа, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ **Г. М. Маленков** ССР Союзĕн министерствисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен тăратнă çак сĕнӳсене çирĕплетет:

СССР Государство Хăрушсăрлăх министерствипе СССР Шалти ĕçсен министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Шалти ĕçсен министерстви тăвас.

СССР Çар министерствипе Тинĕс-Çар министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Оборона министерстви тăвас.

СССР Тулашри суту-илӳ министерствипе Суту-илӳ министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Шалти тата тулашри суту-илӳ министерстви тăвас.

Ялхуçалăх министерствине, Çĕр мамăк министерствине, Совхозсен министерствине, Хатĕрлев министерствине тата Вăрман хуçалăх министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви тăвас.

Аслă вĕренӳ министерствине, Кинематографи министерствине, Искусство ĕçĕсен комитетне, Радиоинформаци комитетне, Главполиграфиздата тата Ĕç резервĕсен министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Культура министерстви тăвас.

Çăмăл промышленность министерствине, Апат-çимĕç промышленность министерствине, Аш-какайпа сĕт-çу промышленность министерствине тата Пулă промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви тăвас.

Хура металлурги министерствипе Тĕслĕ металлурги министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Металлурги промышленность министерстви тăвас.

Автомобильпе трактор промышленность министерствине, Машиностроенипе приборостроени министерствине, Ялхуçалăх машиностроени министерствине тата Станкостроени министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Машиностроени министерстви тăвас.

Транспорт машиностроени министерствине, Судостроени промышленность министерствине, Йывăр машиностроени министерствине тата Строительствăпа çул-йĕр машиностроени министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство — Транспортпа Йывăр машиностроени министерстви тăвас.

Электростанцисен министерствине, Электропромышленность министерствине тата Çыхăну хатĕрĕсем тăвакан промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство — Электростанцисемпе электропромышленность министерстви тăвас.

Хĕçпăшал министерствипе Авиаци промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Оборона промышленность министерстви тăвас.

Вăрман промышленность министерствипе Хут тата йывăçран япаласем тăвакан промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Вăрманпа хут промышленность министерстви тăвас.

Йывăр индустри предприятийĕсен строительствин министерствипе Машиностроени предприятийĕсен строительствин министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство — Строительство министерстви тăвас.

Тинĕс флочĕн министерствине, Юханшыв флочĕн министерствине тата Çурçĕрти тинĕс çулĕн Главнăй управленине пĕрлештерсе пĕр Министерство—Тинĕспе юханшыв флочĕн министерстви тăвас.

Геологи министерствине пĕтерес, унăн ĕçĕсене кама тивĕçлине кура Металлурги промышленность министерствине, Çĕр кăмрăк промышленность министерствине, Нефть промышленность министерствине, Хими промышленность министерствине, Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствипе тата çĕр айĕнчи пуянлăхсене кăларакан промышленность камсен аллинче пулнине кура ытти министерствăсене парас.

СССР Автомобиль транспорчĕн министерствине пĕтерес, унăн ĕçĕсене Çул-йĕр министерствине парас.

СССР Министрĕсен Совечĕн Халăх хуçалăхне материалсемпе техника парса тăракан государство комитетне (Госснаб) тата СССР Министрĕсен Совечĕн Апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем тăрас тĕлĕшпе ĕçлекен государство комитетне (Госпродснаб) СССР Госпланĕпе пĕрлештерес.

Верховнăй Совет, пурте пĕр саслă пулса, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ **Г. М. Маленков** пăхса тухма тăратнă ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн çак составне çирĕплетет:

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Шалти ĕçсен министрĕ—**Лаврентий Павлович Берия**.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ—**Вячеслав Михайлович Молотов**.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Оборона министрĕ—Совет Союзĕн Маршалĕ **Николай Александрович Булганин**.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ — **Лазарь Моисеевич Каганович**.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ тата СССР Шалти тата тулашри суту-илӳ министрĕ — **Анастас Иванович Микоян**.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министрĕ—**Алексей Иванович Козлов**.

СССР Культура министрĕ—**Пантелеймон Кондратьевич Пономаренко**.

СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министрĕ—**Алексей Николаевич Косыгин**.

Çĕр кăмрăк промышленность министрĕ—**Александр Федорович Засядько**.

Нефть промышленность министрĕ — **Николай Константинович Байбаков**.

Металлурги промышленность министрĕ—**Иван Федорович Тевосян**.

Хими промышленность министрĕ—**Сергей Михайлович Тихомиров**.

Машиностроени министрĕ—**Максим Захарович Сабуров**.

Транспортпа йывăр машиностроени министрĕ—**Вячеслав Александрович Малышев**.

Электростанцисемпе электропромышленность министрĕ—**Михаил Георгиевич Первухин**.

Оборона промышленность министрĕ — **Дмитрий Федорович Устинов**.

СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министрĕ — **Павел Александрович Юдин**.

СССР Вăрманпа хут промышленность министрĕ—**Георгий Михайлович Орлов**.

Строительство министрĕ — **Николай Александрович Дыгай**.

Çул-йĕр министрĕ — **Борис Павлович Бещев**.

Çыхăну министрĕ — **Николай Демьянович Псурцев**.

Тинĕспе юханшыв флочĕн министрĕ — **Зосима Алексеевич Шашков**.

Финанс министрĕ — **Арсений Григорьевич Зверев**.

СССР Сывлăх министрĕ — **Андрей Федорович Третьяков**.

СССР Юстици министрĕ — **Константин Петрович Горшенин**.

СССР Государство контроль министрĕ—**Всеволод Николаевич Меркулов**.

СССР Министрĕсен Совечĕн Государство план комитечĕн председателĕ—**Григорий Петрович Косяченко**.

СССР Министрĕсен Совечĕн строительство тĕлĕшпе ĕçлекен Государство Комитечĕн председателĕ—**Константин Михайлович Соколов**.

**И. В. Капитонов** депутат сĕннипе Верховнăй Совет **А. Ф. Горкин** депутата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕн ĕçĕсенчен хăтарнă тата, пĕр саслă пулса, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ пулма **Николай Михайлович Пегова** суйланă.

СССР Верховнăй Совечĕ СССР Конституцийĕн 70, 77 тата 78-мĕш статьисене улшăнусемпе хушусем кĕртесси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухнă.

Çак ыйту тăрăх СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ **Н. М. Пегов** юлташ доклад туса панă.

СССР Верховнăй Совечĕ, палатăсем тăрăх уйрăмшарăн сасăласа, СССР Конституцийĕн 70, 77 тата 78-мĕш статьисене, пĕр саслă пулса, çакăн пек çырса çирĕплетет:

«**70 статья.** СССР Министрĕсен Советне СССР Верховнăй Совечĕ çак составпа туса хурать:

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ;

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕсем;

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕсем;

СССР министрĕсем;

СССР Министрĕсен Совечĕн Государство план комитечĕн председателĕ;

СССР Министрĕсен Совечĕн Строительство тĕлĕшпе ĕçлекен Государство Комитечĕн председателĕ».

«**77 статья.** Пĕтĕм союзлă министерствăсен шутне çак министерствăсем кĕреççĕ:

Çĕр кăмрăк промышленность;
Нефть промышленность;
Металлурги промышленность;
Хими промышленность;
Машиностроени;
Транспортпа йывăр машиностроени;
Электростанцисемпе электропромышленность;
Оборона промышленность;
Строительство;
Çул-йĕр;
Çыхăну;
Тинĕспе юханшыв флот».

«**78 статья.** Союзлă-республикăллă министерствăсен шутне çак министерствăсем кĕреççĕ:

Шалти ĕçсен;
Ют çĕршыв ĕçĕсен;
Оборона;
Шалтипе тулашри суту-илӳ;
Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев;
Культура;
Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность;
Строительство материалĕсем тăвакан промышленность;
Вăрманпа хут промышленность;
Финанс;
Сывлăх;
Юстици;
Государство контроль».

СССР Верховнăй Совечĕ **В. В. Кузнецов** депутата, ăна СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ пулма уйăрса лартнă май, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕн ĕçĕсенчен хăтарнă.

СССР Верховнăй Совечĕ СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕ пулма **Андрей Андреевич Андреев** депутата суйланă.

Çакăнпа СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕ хăйĕн ĕçне вĕçленĕ.

## СССР Верховнăй Совечĕ йышăннă законсемпе постановленисем

### Н. М. Шверник юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн ĕçĕсенчен хăтарасси тата ăна СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕ пулма суйласси çинчен

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

1. Николай Михайлович Шверник юлташа, вăл урăх ĕçе куçнă пирки, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

2. Николай Михайлович Шверник юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕ пулма суйлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль, 1953 çулхи мартăн 15-мĕшĕ.

### К. Е. Ворошилов юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ пулма суйласси çинчен

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ пулма Климент Ефремович Ворошилов юлташа суйлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн Заместителĕ М. ТАРАСОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль, 1953 çулхи мартăн 15-мĕшĕ.

# СССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ЛАРĂВĔ

## СССР Верховнăй Совечĕ йышăннă законсемпе постановленисем

### Г. М. МАЛЕНКОВ ЮЛТАША СССР МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔН ПРЕДСЕДАТЕЛĔ ПУЛМА УЙĂРСА ЛАРТАССИ ÇИНЧЕН

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма Георгий Максимилианович Маленков юлташа уйăрса лартас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи мартăн 15-мĕшĕ.

## СССР министерствисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен йышăннă ЗАКОН

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

1. СССР Государство хăрушсăрлăх министерствине СССР Шалти ĕçсен министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Шалти ĕçсен министерстви тăвас.

2. СССР Çар министерствине СССР Тинĕс-çар министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Оборона министерстви тăвас.

3. СССР Тулашри суту-илў министерствине СССР Суту-илў министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство — СССР Шалти тата тулашри суту-илў министерстви тăвас.

4. СССР Ялхуçалăх министерствине, СССР Çĕр мамăк министерствине, СССР Совхозсен министерствине, СССР Хатĕрлев министерствине тата СССР Вăрман хуçалăх министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви тăвас.

5. СССР Аслă вĕренÿ министерствине, СССР Кинематографи министерствине, Искусство ĕçĕсен комитетне, Радиоинформаци комитетне, Главполиграфиздата тата СССР Ĕç резервĕсен министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Культура министерстви тăвас.

6. СССР Çăмăл промышленность министерствине, СССР Апат-çимĕç промышленность министерствине, СССР Аш-какайпа сĕт-çу промышленность министерствине тата СССР Пулă промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви тăвас.

7. СССР Хура металлурги министерствине СССР Тĕслĕ металлурги министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Металлурги промышленность министерстви тăвас.

8. СССР Автомобильпе трактор промышленность министерствине, СССР Машиностроенипе приборостроени министерствине, СССР Ялхуçалăх машиностроени министерствине тата СССР Станкостроени министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Машиностроени министерстви тăвас.

9. СССР Транспорт машиностроени министерствине, СССР Судостроени промышленность министерствине, СССР Пысăк машиностроени министерствине тата СССР Строительствăпа çул-йĕр машиностроени министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Транспортпа пысăк машиностроени министерстви тăвас.

10. СССР Электростанцисен министерствине, СССР Электропромышленность министерствине тата СССР Çыхăну хатĕрĕсен тăвакан промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Электростанцисемпе электропромышленность министерстви тăвас.

11. СССР Хĕçпăшал министерствине СССР Авиаци промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Оборона промышленность министерстви тăвас.

12. СССР Вăрман промышленность министерствине СССР Хут тата йывăçран япаласем тăвакан промышленность министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Вăрманпа хут промышленность министерстви тăвас.

13. СССР Пысăк индустри предприятийĕсен строительствин министерствине СССР Машиностроени предприятийĕсен строительствин министерствине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Строительство министерстви тăвас.

14. СССР Тинĕс флочĕн министерствине, СССР Юханшыв флочĕн министерствине тата СССР Çурçĕрти тинĕс çулĕсен Главнăй управленине пĕрлештерсе пĕр Министерство—СССР Тинĕспе юханшыв флочĕн министерстви тăвас.

15. СССР Геологи министерствине пĕтерес, унăн ĕçĕсене, кама тивĕçлине кура, СССР Металлурги промышленность министерствине, СССР Çĕр кăмрăк промышленность министерствине, СССР Нефть промышленность министерствине, СССР Хими промышленность министерствине, СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствине тата çĕр айĕнчи пуянлăхсене кăларакан промышленность кансен алăкне пулнине кура ытти министерствăсене парас.

16. СССР Автомобиль транспорчĕн министерствине пĕтерес, унăн ĕçĕсене СССР Çул-йĕр министерствине парас.

17. СССР Министрĕсен Совечĕн Халăх хуçалăхне материалсемпе техника парса тăракан Государство комитетне (СССР Госснаб) тата СССР Министрĕсен Совечĕн Апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен тăратас енĕпе ĕçлекен Государство комитетне (СССР Госпродснаб) СССР Госпланĕпе пĕрлештерес.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи мартăн 15-мĕшĕ.

## СССР Министрĕсен Совечĕн составĕ çинчен

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать: СССР Правительствине — СССР Министрĕсен Советне çак составпа çирĕплетес:

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ — Георгий Максимилианович Маленков.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Шалти ĕçсен министрĕ—Лаврентий Павлович Берия.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ—Вячеслав Михайлович Молотов.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Оборона министрĕ—Совет Союзĕн маршалĕ Николай Александрович Булганин.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ—Лазарь Моисеевич Каганович.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ тата СССР Шалти тата тулашри суту-илў министрĕ—Анастас Иванович Микоян.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министрĕ—Алексей Иванович Козлов.

СССР Культура министрĕ—Пантелеймон Кондратьевич Пономаренко.

СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министрĕ — Алексей Николаевич Косыгин.

СССР Çĕр кăмрăк промышленность министрĕ—Александр Федорович Засядько.

СССР Нефть промышленность министрĕ—Николай Константинович Байбаков.

СССР Металлурги промышленность министрĕ—Иван Федорович Тевосян.

СССР Хими промышленность министрĕ—Сергей Михайлович Тихомиров.

СССР Машиностроени министрĕ—Максим Захарович Сабуров.

СССР Транспортпа пысăк машиностроени министрĕ—Вячеслав Александрович Малышев.

СССР Электростанцисемпе электропромышленность министрĕ—Михаил Георгиевич Первухин.

СССР Оборона промышленность министрĕ—Дмитрий Федорович Устинов.

СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министрĕ—Павел Александрович Юдин.

СССР Вăрман тата хут промышленность министрĕ—Георгий Михайлович Орлов.

СССР Строительство министрĕ—Николай Александрович Дыгай.

СССР Çул-йĕр министрĕ—Борис Павлович Бещев.

СССР Çыхăну министрĕ—Николай Демьянович Псурцев.

СССР Тинĕспе юханшыв флочĕн министрĕ—Зосима Алексеевич Шашков.

СССР Финанс министрĕ—Арсений Григорьевич Зверев.

СССР Сывлăх министрĕ—Андрей Федорович Третьяков.

СССР Юстици министрĕ—Константин Петрович Горшенин.

СССР Государство контроль министрĕ—Всеволод Николаевич Меркулов.

СССР Министрĕсен Совечĕн Государство план комитечĕн председателĕ—Григорий Петрович Косяченко.

СССР Министрĕсен Совечĕн Строительство тĕлĕшпе ĕçлекен Государство комитечĕн председателĕ—Константин Михайлович Соколов.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи мартăн 15-мĕшĕ.

## А. Ф. Горкин юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕн ĕçĕсенчен хăтарасси çинчен

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Александр Федорович Горкин юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи мартăн 15-мĕшĕ.

## Н. М. Пегов юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ пулма суйласси çинчен

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

Николай Михайлович Пегов юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ пулма суйлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕн Заместителĕ А. ГОРКИН.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи мартăн 15-мĕшĕ.

## СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕ

Мартăн 15-мĕшĕнче СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕ пулса иртнĕ.

...Кремль двоpецĕнчи ларусен залне икĕ Палатăн—Союз Совечĕн тата Национальноçсен Совечĕн депутачĕсем пухăннă. Çĕршывăн государство влаçĕн аслă органĕ пĕрремĕш хут аслă çулпуçăр — И. В. Сталинсăр пухăннă. Совет çынни-сем, урăх çĕршывсенчи пирĕн туссем пите пысăк сухатушăн чун-чĕререн куляннă. Совет халăхĕ хăйĕн речĕсене Коммунистсен партийĕ, унăн Центральнăй Комитечĕ тавра, Совет Правительстви тавра тата та тачăрах пĕтĕçтерет, хăйĕн пĕтĕм творчествăллă вăйне хастарлăхне хамăр çĕршывра коммунизм тăвас аслă ĕçе мобилизацилет.

Верховнăй Советăн сессийĕ пухăннă Кремль двоpецĕнчи çутă аслă зал. Кунта коммунизмăн генилле стратегĕ историлĕ сăмахсем нумай тухса каланă, докладсем туса панă. Вĕсен кашниех пирĕн халăх коммунизм патне утнă историлĕ тапхăра палăртса тăрсçĕ. Кунта аслă çулпуç партин XVII-мĕш тата XVIII-мĕш съезчĕсенче историлĕ докладсем туса панă. Çак залра колхоз хресченĕсен чи лайăх представителĕсен, Сталин юлташпа пĕрле, вăл генилле кăтартса панипе, ялхуçалăх артелĕн примерлă Уставне çырса хатĕрленĕ, ăна халăх колхоз пурнăçĕн сталинла уставĕ тесе ят панă. Çак залра çулпуç çĕршывăн малтанхи стахановецĕсемпе тĕл пулнă. Вĕсен малтанхи ситĕнĕвĕсем çине Сталин юлташ пите тимлĕн пăхнă, çав ситĕнÿсенчен стахановла аслă движени, халăх вăхăтри никам çĕнтерейми движени, пусланса кайнă. Çак залрах Сталин юлташ СССР Конституцийĕ çинчен историллĕ доклад тунă, конституци сырса хатĕрленĕ аслă çын ячĕпе ăна халăх Сталинла Конституци тесе ят панă. Акă, нумаях та пулмасть партин XIX-мĕш съезчĕн юлашки ларăвĕнче мĕнпур ĕççынисем аслă çулпуçĕ хăйĕн юлашки сăмахне тухса каланă, вăл сăмах малта пыракан этемлĕхĕн çулне çутатса панă.

IV-мĕш сесси историлĕ кунсенче пухăннă. Аслă çулпуçăн тупăкĕ умĕнче сăмахсем тухса каласа, унăн паллă ученикĕсемпе соратникĕсем Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов юлташсем совет халăхне хăйĕн вăйне ўстерме, коммунизмлă общество тăвас, социализмлă Тăван çĕршывăн вăй-хăватне тата оборона пултарулăхне ўстерес ĕçе ытларах вăйлатма чĕнсе каларĕç. Совет çынисем çав чĕнў çине Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн тавра тата тачăрах пĕтĕçнипе, Тăван çĕршыва ырлăхĕшĕн коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн хастарлă ĕçленипе ответлерĕç.

Ларусен залĕнче—СССР Верховнăй Совечĕн депутачĕсем, нумай йышлă хăнасем—столицăри ĕçсынисен представителĕсем, Мускаври предприятисенчи стахановецсем, наукăпа культура деятелĕсем, Мускаври партипе совет активĕ. Ложăсенче—урăх çĕршывсен Мускаври посольствисемпе миссийĕсен пуçлăхĕсем тата членĕсем, совет журналисчĕсемпе урăх çĕршывсенчи журналистсем.

Президиум ложисенчи вырăнсене СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕсем йышăнаççĕ.

Кăнтăрла иртни икĕ сехет. Пухăннă çынсем, ура çине тăрса, зала кĕнĕ партипе Совет Правительствин руководителĕсене — Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов, К. Е. Ворошилов, Н. С. Хрущев, Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, А. И. Микоян, М. З. Сабуров, М. Г. Первухин юлташсене тăвăллăн та ытисене те тăвăллăн алă çупса кĕтсе илеççĕ.

Сессие Союз Совечĕн Председателĕ М. А. Яснов депутат уçать. Вăл çапла калать: совет халăхĕ, пĕтĕм чĕререн куляса, хăйĕн юратнă çулпуçĕпе учительне, СССР Верховнăй Совет депутатне, СССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарьне Иосиф Виссарионович Сталина юлашки çула ăсатрĕ. М. А. Яснов депутат Иосиф Виссарионович Сталинăн çутă ятне ура çине тăрса хисеп туса ыйтать. Депутатсемпе хăнасем аслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕрĕн Иосиф Виссарионович Сталинăн çутă ятне ура çине тăрса хисеп тăваççĕ.

Унтан председатель мартăн 14-мĕшĕнче Прагăра Чехословаки республикин президенчĕ, Совет Союзĕн шанчăклă тусĕ Клемент Готвальд вилсе кайни çинчен пĕлтерет. Çак пысăк сухатушăн Чехословаки халăхĕпе пĕрле пирĕн çĕршыври мĕнпур ĕççынисем те хытă куляноççĕ. Зала пухăннисем Клемент Готвальд ятне ура çине тăрса хисеп тăваççĕ. Сессия, пĕр кăмăллă пулса, Чехословаки халăхĕн юратнă çулпуçĕ Клемент Готвальд вилсе кайнă пирки хытă кулянни пĕлтерсе Чехословаки республикин Наци Пухăвне телеграмма яма йышăнать.

Председатель пулса ертсе пыракан СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕнче пăхса тухма çак пек ыйтусем сĕнет:

1. СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне суйласси çинчен.
2. СССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне уйăрса лартасси çинчен.
3. СССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн составĕ тата СССР министерствисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен.
4. СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарьне суйласси çинчен.
5. СССР Конституцийĕн 70-мĕш, 77-мĕш тата 78-мĕш статйисене улăштарусемпе хушусем кĕртесси çинчен.

Сĕннĕ кун йĕркине сесси пĕр кăмăллă пулса йышăнать.

Сессин кун йĕркинчи пĕрремĕш ыйтупа Н. С. Хрущев юлташа сăмах парассĕ, ăна нумайччен алă çупнипе кĕтсе илеççĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕн, СССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн пĕрлехи ларăвĕн постановленийĕнче Н. М. Шверник юлташа Пĕтĕм Союзри Профессисен Союзĕсен Центральнăй Совечĕн Председателĕ пулма сĕннĕ пирки, Н. С. Хрущев Шверник юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн ĕçĕсенчен хăтарма тата ăна СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членне суйлама сĕнÿ парать. Хрущев юлташ СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ пулма К. Е. Ворошилов юлташа суйлама сĕнет.

— Пирĕн парти, пĕтĕм совет халăхĕ,—тет депутатсемпе хăнасем алă çупнă хушăра Хрущев юлташ,—Климент Ефремович Ворошилов юлташ аслă Ленинăн тата Сталинăн ученикĕ тата аслă Сталинăн соратникĕ пулнипе, пирĕн Коммунистсен партийĕн ĕçĕшĕн, пирĕн çĕршывра коммунизм çĕнтерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешекен борец пулнине пĕлеççĕ. К. Е. Ворошилов юлташ СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн ĕçĕсене совет халăхĕн ырлăхĕшĕн тăрăшса чыслăн туса пырассине эпир пурте шанса тăратпăр.

Сесси решени йышăнать: урăх ĕçе куçнă май Н. М. Шверник юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательн ĕçĕсенчен хăтарас, ăна СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членне суйлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ пулма, пурте пĕр сасăлла пулса, Климент Ефремович Ворошилов юлташа суйлаççĕ.

Депутатсемпе хăнасем ура çине тăрса К. Е. Ворошилов юлташа нумайччен алă çупса саламлаççĕ.

Унтан сесси СССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне уйăрса лартасси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма тытăнать.

Л. П. Берия депутата сăмах параççĕ,—ăна нумайччен тăвăллăн алă çупса кĕтсе илеççĕ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ хушнипе Л. П. Берия юлташ сессире пăхса тухма сĕнÿ парать—СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма Георгий Максимилианович Маленков юлташа уйăрса лартас. Тата Маленков юлташа СССР Верховнăй Совечĕ СССР Министрĕсен Совечĕн составĕ çинчен сĕнÿ тăратма хушас.

Депутатсемпе хăнасем ура çине тăрасçĕ. Кремльти Пысăк двоpеца Георгий Максимилианович Маленков юлташа чысласа тăвăллăн алă çупни нумайччен кĕрлесе тăрать.

— Пирĕн парти, рабочисем, колхозниксем, интеллигенци, Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем,—тет Л. П. Берия юлташ,—Маленков юлташа вăл Ленинăн талантлă ученикĕ, Сталинăн шанчăклă соратникĕ пулнине лайăх пĕлеççĕ тата ăна чĕререн хисеплеççĕ.

Депутат юлташсем! Совет Союзĕн Правительстви умĕнче тĕнчери пăлхав ларутăру условийĕсенче пирĕн çĕршывăн тулашри политикине ертсе пырас тĕлĕшпе те, пирĕн çĕршывра коммунизм обществи тăвассишĕн Совет Союзĕнчи халăхсен гигантла пархатарлă кĕрешĕвне ертсе пырас тĕлĕшпе те пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ.

Маленков юлташ ертсе пыракан Совет Правительстви пирĕн çĕршывра коммунизм тăвас мĕнпур ĕçе Ленинпа Сталин вĕрентнĕ пек ертсе пырĕ (тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ), пирĕн халăхăн интересĕсене чĕререн пăхăнса туса пырĕ, тесе çирĕппĕн шанса калани эпĕ мĕнпур депутатсен шухăшне палăртатăп пулĕ, тесе шутлатăп.

СССР Верховнăй Совечĕ Георгий Максимилианович Маленкова Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма уйăрса лартнине пурте пĕр шухăшлă пулса çирĕплетĕ, тесе шанса тăма ирĕк парăр.

Залри çынсем пурте ура çине тăраççĕ, тăвăллăн, нумайчен алă çупаççĕ.

Сесси, пурте пĕр сасăлла пулса, решени йышăнать: Георгий Максимилианович Маленкова СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулма уйăрса лартас. Делегатсемпе хăнасем ура çине тăрса, тăвăллăн алă çупса аслă Сталинăн шанчăклă соратникне саламлаççĕ, çакăнпа вĕсем Совет Правительствине вĕçĕ-хĕррисĕр шанса тăнине, парти туса хатĕрленĕ тулашри тата шалти сталинла политикăна, пирĕн халăх пурнăçĕн тĕп интересĕсене килĕшсе тăракан политикăна, çирĕппĕн те пĕр пăрăнмасăр пурнăçа кĕртсе пырассине пите хытă ĕненсе тăнине кăтартса параççĕ.

СССР Министрĕсен Совечĕн составĕ тата СССР министерствисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухас. Г. М. Маленков юлташа сăмах параççĕ. Депутатсемпе хăнасем ура çине тăраççĕ. Залра çĕнĕрен алă çупни хытă кĕрлесе тăрать.

Г. М. Маленков юлташăн сăмахне пурте пите пысăк тимлĕхпе итлеççĕ. Вăл хăйне Правительство составне—СССР Министрĕсен Совечĕн составне СССР Верховнăй Советне тăратма хушса депутатсем пысăк шанăç хунăшăн тата пысăк чыс туниshăн тав тăвать.

Маленков юлташ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ, СССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ çĕршывра пурнăçне мĕнпур чăрмавсăр ертсе пырас тата тĕрĕс ертсе пырас тĕлĕшпе тытнă мерăсем çинчен каласа парать. Ку мерăсем мĕнпур енчен те пыраççĕ тата парти ертсе пыракан политикăна пурнăçа кĕртсе пыма ансатлатса парассипе, Сессин умне тăратас ыйтусене тупăш та хăвăртрах вăхăтра пурнăçа кĕртессишĕн, çав вăхăтрах ертсе пыракан ĕçе тĕрĕс йĕркеленине тивĕçтерессипе çыхăннă. Çавăнпа пирĕн çĕршывăн государство влаçĕн аслă органĕ йышăнма май пур тесе, йышăнма тата çирĕплетме кирлĕ тесе шутласан закон вăйне памалла пулать.

— Халăх министерствисене, — тет Маленков юлташ,—пысăклатас тĕлĕшпе, хуçалăхăн, культурăн, управлени пĕр йышши отраслĕсене ертсе пырассине пĕр министерствăра пĕрлештерес тĕлĕшпе мероприятисем йышăнма паянхи вăхăт ситнĕччĕ. Ку мероприятисем пирки пирĕн партипе тата правительствăра Сталин юлташ пурăннă чухнех, унпа пĕрле нумай вăхăт хушши пысăкланă. Хăйĕ вара, пирĕн çĕршыва пысăк çухату тÿснĕ пирки, эпир государствăн хуçалăх ĕçĕсене ертсе пырассине малалла лайăхлатас тĕлĕшпе тума кирли паттăр организацийĕ мерăсене пурнăçласассине хăвăртлатрăмăр.

Унтан Маленков юлташ, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ пулнă май, Верховнăй Советра пăхса тухма СССР Министрĕсен Совечĕн составне тăратать.

Г. М. Маленков юлташ тăратнă Правительство составне ырланине пĕлтерсе депутатсем нумайччен алă çупаççĕ.

СССР Верховнăй Советĕнче çирĕплетме Министрĕсен Совечĕн составне тăратнă хыççăн Маленков юлташ çапла калать: Правительствăна хăйĕн пĕтĕм ĕçĕнче—тулашри тата шалти ĕçсен çине пăхсан та—партипе туса хатĕрленĕ политикăна çирĕппĕн туса пырĕ.

Тăвăллăн алă çупнă хушăра Маленков юлташ çапла калать: Совет Правительствишĕн халăх ырлăхĕшĕн, унăн материаллă тата культурăллă ыйтăвĕсене чи тулли тивĕçтерес пырассишĕн, пирĕн социализмлă Тăван çĕршыва малалла чечеклентерессишĕн тăрăшасси закон пулса тăрать.

Тулашри политика çинчен каласа, Маленков юлташ çакна палăртать: Совет Правительстви пурнăçра тĕрĕсленнĕ политикăна—мире сыхласа хăварас тата тăрекелетес, Совет Союзне обороние хăрушсăрлăхне туса хурас политикăна, мĕнпур çĕршывсемпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнас тата вĕсемпе пĕр-пĕрин интересне хисеплени никĕс çине тăнĕ çыхăнусене аталантарас политикăна ялан çирĕппĕн пурнăçласа пырĕ, аслă Китай халăхĕпе, халăх демократилле çĕршывсенчи пур халăхсемпе те политика тата экономика енĕпе тачă çыхăнса килĕштерсе ĕçлесе, тăванла туслă тата пĕр шухăш-кăмăллă пурнăç çыхăнусене тĕрекелетес политикăна пурнăçлама пĕр тăрăшса ертсе пырĕ. Çак сăмахсене алă çупса кĕтсе илеççĕ.

Маленков юлташ çакна палăртать: халăх вăхăтра интересленекен çĕршывсем пĕр-пĕрине каласса татăлна тăрăх мирлĕ йĕркепе татса пама май килмен тавлашуллă е татса паман ыйту çук. Ку вăл эпир мĕнпур государствăсемпе, вăл шутра эпир Америкăри ! Пĕрлешÿллĕ Штатсемпе çыхăну тытас ыйтăва та тивет.

Маленков юлташ юлашкинчен хăйĕн сăмахне çапла калать: совет халăхĕ хăйĕн вăйĕсене хытă шанса тăрать. Совет государствин вăй-хăвачĕ, совет халăхĕн моралĕпе-политикăлла пĕрлĕх нихçанхинчен те вăйлă та çирĕп. Вăл: Совет Правительстви хăйĕн пĕтĕм вăйĕсене пирĕн çĕршывра коммунизм обществи тăвассишĕн, совет халăхне ирĕклĕ те телейлĕ пурнăçшăн кĕрешес ĕçе парĕ, тесе шантарса калать.

— Эпир,—тет вăл,—парти, правительство тата совет халăхĕ тачăн пĕтĕçсе тăнине, Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсен туслă тăвана çемйине коммунизм тумалли çулпа малалла кайтăр.

Пурте тăраççĕ. Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ.

Сесси, пурте пĕр шухăш-кăмăллă пулнипе, СССР министерствисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен Закон йышăнать тата СССР Министрĕсен Совечĕн составне çирĕплетет.

Сесси СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ пулма Н. М. Пегов юлташа суйлать, ку ĕçрен А. Ф. Горкин юлташа хăтарнă.

Унтан сесси СССР Конституцийĕн Министрĕсен Совечĕн составĕ çинчен калакан 70-мĕш статйине тата СССР Конституцийĕн 77-мĕшпе 78-мĕш статйисене улăштарусемпе хушусем кĕртесси çинчен пăхса тухать,—ку статьясене ССР Союзĕн министерствисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен СССР Верховнăй Совечĕн Закон йышăннă май государство управленийĕн системине пулнă улăшăнусем кĕртмелле.

СССР Конституцийĕн 70-мĕш, 77-мĕш, 78-мĕш статйисене улăшăнусемпе хушусем кĕртесси çинчен палăтасем уйрăммăн, пурте пĕр шухăшлă пулса сасăласа, Закон йышăннă.

Сесси В. В. Кузнецов юлташа, ăна СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ пулма уйăрса лартнă май, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕсенчен хăтарнă тата А. А. Андреев юлташа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕ пулма суйланă.

Сесси кун йĕркинчи ыйтусене пурне пăхса пĕтернĕ. Председатель пулса ертсе пыракан Яснов юлташ СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ хупăннă тесе пĕлтерет.

Депутатсем ура çине тăраççĕ, нумайччен алă çупса ССР Союзĕн правительствине саламлаççĕ. (ТАСС).

## Стахановла вахтӑна тӑнӑ

КАНАШ, мартӑн 15-мӗшӗ. (Телефонпа). Иосиф Виссарионович Сталина пытарнӑ кун Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсен каланӑ сӑмахсене пичетленӗ хаçатсене пӑравус. депоӗнчи агитаторсем цехсенче, участоксенче вуласа парассӗ. Партипе Совет Правительстви чӗнсе калани çине ответлесе, машинистсем, станочниксем партин Центральнӑй Комитечӗпе Совет Правительстви тавра тата тачӑрах пӗтӗçме, аслӑ çулпуçӑмӑр тата учителӗмӗр Иосиф Виссарионович Сталин кӑтартса панисене чыслӑн пурнӑçласа пырассишӗн ырми-канми кӗрешме сӑмах пачӗç.

Çак кунсенче пулса иртнӗ хурлӑхлӑ митингра Н. Бакулин машинист çапла каларӗ:

— Пирӗн шухӑш-кӑмӑла хуçма пултаракан вӑй çук. Аслӑ Сталин хӑйӗн пӗтӗм пурнӑçне панӑ ӗç шанчӑклӑ алӑра пулнине эпир пӗлетпӗр. Малашне эпӗ темиçе хут ытларах вӑй хурса ӗçлеме, йывӑр тиенӗ поездсем çеç илсе çӳреме, грузсене вырӑна яланах вӑхӑтра илсе çитерме, топливо нормӑпа палӑртниччен пилӗк процент сахалтарах расходлама социализмла обязательство йышӑнатӑп,—терӗ.

Коммунист И. Игнатьев юлташ чугун çул транспортӗнче нумайранпа ӗçлет. Вӑл пӑравус хуранӗсене пысӑк пахалӑхпа юсать, хӑйӗн пуян опычӗпе ыттисене паллаштарать, çамрӑксене стахановла ӗçлеме вӗрентет. Юлашки вӑхӑтра вӑл тата хытӑрах тӑрӑшса ӗçлеме тытӑнчӗ. Митингра тухса каланӑ сӑмахра, И. Игнатьев юлташ Совет çӗршывӗнчи халӑхсен пӗрлӗхӗпе туслӑхне, Совет государствине малалла тӗреклетсе пыма чӗнсе каларӗ, малашне тата тухӑçлӑрах ӗçлеме, пур ӗçе те пысӑк пахалӑхпа туса пыма сӑмах пачӗ.

Б. Казиков комсомолец — çамрӑк машинист. Пуçарулӑ, ӗçе чун-чӗререн юратса тӑвакан, малта пыракансен опычӗпе усӑ куракан машинист яланах паха тӗслӗхсем кӑтартать. Вӑл коммунизмӑн аслӑ стройкисем, халӑх хуçалӑхӗ валли кирлӗ грузсене çирӗп график тӑрӑх турттарать. Казиков юлташ малашне тата пуçарулӑрах пулма, техникӑпа экономика кӑтартӑвӗсене пурне те ирттерсе тултарса пыма сӑмах пачӗ.

Уйрӑмах СССР Верховнӑй Совет депутачӗ П. Назаров машинист лайӑх ӗçленине палӑртас пулать. Вӑл яланах нормӑран ирттерсе çӗршер тонна груз тиенӗ поездсем илсе çӳрет. Хӗллехи çанталӑкра топливо перекетлеме хӗн. Апла пулин те паллӑ машинист çӗр кӑмрӑкӗ перекетлемелли майсем тупать. Виçӗ рейсра вӑл 3.400 килограмм паха топливо перекетлерӗ. Комсомолец В. Курилов машинист пӑравуса чуптармалли хӑвӑртлӑхӑ ирттерсе пурнӑçлать.

Пӑравуссем юсакан цех коллективӗ çак кунсенче стахановла вахтӑна тӑчӗ, пӑравуссене пурне те пысӑк пахалӑхпа, кашни уйӑхра планран ирттерсе икшер пӑравус юсама пулчӗ. Цех коллективӗ хӑйӗн сӑмахне пурнӑçласа пырать.

Депо коллективӗ çӗнӗ, пысӑкрах социализмла обязательство йышӑнчӗ, пӑравуссене чуптармалли техникӑллӑ хӑвӑртлӑха ӳстерме, топливо нормӑпа палӑртниччен виçӗ процент сахалтарах расходлама, грузсене потребительсем патне график тӑрӑх илсе çитерме сӑмах пачӗ.

Коллектив пӑравуссене чуптармалли техникӑллӑ хӑвӑртлӑха ӳстерчӗ. Юлашки вӑхӑтра депора авари, брак пӗрре те пулман. Депо ӗçӗнче пӗр çитменлӗх пур: иртнӗ уйӑхсенче вӑл планран ирттерсе çӗр кӑмрӑкӗ расходланӑ. Парторганизаци коллектива çак çитменлӗхе пӗтерме, йышӑннӑ социализмла обязательствӑна чыслӑн пурнӑçлама мобилизацилет.

К. БАРАМАТОВ,

# Сталин вилӗмсӗр

Пирӗн Тӑван çӗршыв столицинче çак кунсенче питӗ те шӑп пулчӗ,—ку вӑл сав тери пысӑк хурлӑх пулнӑран килчӗ. Ялавсем усӑнса тӑчӗç. Столицӑн пур енӗсенчен те çынсем хула варрине вӗçӗ-хӗррисӗр пырса тӑчӗç. Çынсен юхан шыв пек вӗçӗ-хӗррисӗр юхӑмӗ Союзсен çуртӗ патӗнчен ерипен тата пӗр сас-чӗвсӗр иртрӗ.

Союзсен çуртне совет çыннисем кӑнтӑрла та, çӗрле те шутсӑр нумай кӗре-кӗре тухрӗç. Вӗсем аслӑ çулпуçӗпе, учителӗпе тата тусӗпе, халӑхсен ашшӗпе Иосиф Виссарионович Сталинпа ӗмӗрлӗхех сывпуллашса уйрӑлма килнӗ. Мрамор картлашкасем тӑрӑх çынсем васкамасӑр, ним калаçмасӑр хӑпарса Колоннӑллӑ зала, хурлӑхлӑ музыка сасси янраса тӑракан зала кӗрессӗ. Ахаль чухне питӗ йӑмӑх ялкӑшакан люстрӑсем суттине тӗксӗм креп вӑйсӑрлататъ. Стенасем тӑрӑх вырнаçтарса тухнӑ чечек кӑшӑлӗсенчен ырӑ шӑршӑ сарӑлнӑ.

Çакӑнта, çав траурлӑ залра, Совет Союзӗн гербӗпе вӗрешленӗ питӗ пысӑк ялава усӑнтарса çакнӑ çӗрте, çӳлӗ постамент çинче, тӗрлӗ ӳсентӑрансемпе чечексем хушшинче, хӗрлӗ пурçӑнпа тыттарса тухнӑ тупӑкра совет çыннисене, телейлӗ пурнӑç савӑнӑçне панӑ çын, пирӗн халӑха, тӗрлӗ йывӑрлӑхсем витӗр илсе тухса, социализмлӑ пурнӑç патне илсе çитернӗ çын выртнӑ.

Тупӑк умӗнчен иртсе пынӑ чухне хӑйсем сисмесӗрех çынсем ерипентерех утма тытӑнассӗ, кашнийшӗн питӗ çывӑх тата тӑван, кашнийшӗн çав тери хаклӑ сӑн çинчен куç илме вӑй çитерейместӗ. Зал витӗр иртсе пынӑ секундсенче унӑн пичӗсӗр пуçне, генилле мыслителӗн, аслӑ труженикӑн тата аслӑ салтакӑн шурӑхнӑ çирӗп пичӗсӗр пуçне йӗри-тавралӑхра урӑх нимскер те курмастӑн, унӑн кӗмӗл евӗр кӑвакарнӑ тӑнлавӗсене, унӑн вӑйлӑ аллисене, ывӑнма пӗлмен аллисене куратӑн. Пӑхатӑн та, коммунизмӑн аслӑ зодчийӗн сӑнарне хӑвӑн асӑнта яланлӑхах упраса хӑварма тӑрӑшатӑн.

Иосиф Виссарионович Сталин — аслӑ халӑхӑн аслӑ ывӑлӗ. Вӑл хӑйӗн пӗтӗм чун-хавалӗпе мӗн пурнӑç таталиччене халӑхпа уйрӑлми тачӑ çыхӑнса тӑнӑ.

Сталин юлташ çапла каланӑ:

«Рабочи класа çӗклентерсе пырас, çак класӑн социализмлӑ государствине тӗреклетес тесе ӗçленӗ чухнехи манӑн кашни утӑм рабочи класс положенине çирӗплетсе тата лайӑхлатса пырас енӗпе пулса пыман пулсан, вара эпӗ хамӑн пурнӑç усӑсӑр тесе шутланӑ пулӑттӑм», тенӗ. (Соч., 13 т., 105 стр.).

Халӑх ӗçӗшӗн, Коммунистсен партийӗн аслӑ ӗçӗшӗн вӑл хӑйӗн нихçан сӳнми пӗтӗм генине, хӑй ӑсӗн хӑватлӑ вӑйне, çулпуç тата организатор пулса, хӑйӗн пӗтӗм талантне, аслӑ чӗрери мӗнпур ырӑ туйӑм-кӑмӑлне панӑ.

Сталин ятне асра тытса цӗрремӗш пилӗк çуллӑхра строительсем пушхирсене тата тайгасене кайнӑ, парти чӗннипе унта социализмлӑ индустриализаци тӗлӗшпе вӗсем тӗлӗнмелле чаплӑ ӗçсем тунӑ.

Сталин ятне асра тытса Совет çӗршывӗнчи хресченсем, Коммунистсен партийӗ хавхалантарнипе, хӑйсен пурнӑçне халиччен пулман хӑюлӑхпа çӗнӗлле, социализмла улӑштарса çӗнетнӗ, чи шултра та чи малта тӑракан ялхуçалӑхӗ организациленӗ.

Сталин ятне асра тытса Сталинград геройӗсем, Берлина парӑнтаракансем вӑрçӑ искусствин чапӗпе мухтавне кӑтартнӑ, вӗсем хӑйсен ӑсталӑхӗпе, хӑйсен иксӗлми паттӑрлӑхӗпе, хӑйсем Тӑван çӗршыва чун-чӗререн юратнипе мӗнпур этемлӗхе тӗлӗнтернӗ.

Сталин ятне асра тытса коммунизм стройкисен геройӗсем тата мӗнпур совет ӗçченӗсем парти чӗннипе Атӑл, Дон, Днепр, Аму-Дарья тата Совет Союзӗнчи ытти юхан шывсем çинче чаплӑран та чаплӑ ӗçсем тӑвассӗ, этем ырлӑхӗшӗн çутçанталӑка тата хамӑр çӗршыв климатне улӑштарса çӗнетессӗ.

Эпӗ яланлӑхах акӑ мӗне астуса юлтӑм. Çамрӑк мар пӗр москвич,—сӑнпа тумтирне кура вӑл интеллигент, пысӑк тахӑтӑ аллисене пӑхсан вӑл рабочи,—тупӑк çине юлашки хут тинкерсе илнӗ хыççӑн алӑк патӗнче, траурлӑ залран тухнӑ çӗрте, хӑй шухӑшне сасӑпа каларӗ:

— Çук, Сталин чӗрӗ, вӑл ӗмӗр-ӗмӗрех пирӗнпе пурӑнать!

Пурнӑçа пӗлекен çав çамрӑк мар совет патриочӗ питӗ тӗрӗс калать.

Сталин пурӑнать, вӑл хӑйӗн ӗçӗсемпе ӗмӗр-ӗмӗрех пурӑнӗ, унӑн ӗçӗсем коммунизмлӑ общество тумалли çула халӑхшӑн çутатса тӑрассӗ.

Сталин Коммунистсен партийӗн аслӑ ӗçӗсенче пурӑнать, парти пирӗн халӑха çӗнтерӳсем патне илсе пырать, тӗлӗнмелле чаплӑ ӗçсем тума хавхалантарать.

Сталин хӑйӗн паттӑр соратникӗсен ӗçӗсенче пурӑнать, вӗсем партие тата государствӑна ертсе пырассӗ, коммунизм строительствин программине пӗр пӑрканмасӑр пурнӑçласа пырассӗ.

Сталин совет çыннисен чӗрисенче тата ӗçӗсенче, малта тӑракан мӗнпур этемлӗхӗн ӑс-тӑнӗнче пурӑнать, малашне те ӗмӗр-ӗмӗрех пурӑнӗ.

Сталин яланах пирӗнпе!

Борис ПОЛЕВОЙ.



Гори хули. Совет халӑхӗ хӑйӗн аслӑ çулпуçне юлашки çула ӑсатнӑ хурлӑхлӑ кунсенче И. В. Сталин çуралнӑ тата ача чухне пурӑннӑ çурт патне Гори хулинчен те, ытти хуласемпе ялсенчен те çынсем вӗçӗмсӗр пырса тӑнӑ. Вӗсем хушшинче текстильщиксем, железнодорожниксем, строительсем, служащисем, вӗренекенсем нумай пулнӑ. Историллӗ çурта пилӗк кун хушшинче 30 пин çын ытла пырса курнӑ

ӲКЕРЧӖК ÇИНЧЕ: И. В. Сталин çурчӗ патӗнче.

П. ЛУЦЕНКО фотоӳкерчӗкӗ (ТАСС фотохроники).

## СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн УКАЗӖ

### Чӑваш АССР-ӗнчи финанспа кредит системин работникӗсене орденсемпе тата медальсемпе наградӑласси çинчен

Нумай çул хушши тата лайӑх ӗçленӗшӗн наградӑлас:

**ӖÇЛӖХ ХӖРЛЕ ЯЛАВ ОРДЕНӖПЕ**

1. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Елизар Степанович Афанасьева—Вӑрнар районӗнчи финанс пайӗн инспекторне.

2. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Алексей Сергеевич Щепочкина—Госбанкӑн Улатӑрти уйрӑмӗн главнӑй бухгалтер заместительне.

**«ӖÇРИ ХАСТАРЛӐХШӐН» МЕДАЛЬПЕ**

1. Финанс служби 1-мӗш рангри советникне Михаил Андреевич Белова — СССР Финанс министерствин контрольпе ревизи управленийӗн республикӑри контролер-ревизорне.

2. Финанс служби 2-мӗш рангри кӗçӗн советникне Сильвестр Васильевич Васильева—Госбанкӑн Вӑрмарти уйрӑмӗн кассирне.

3. Василий Иванович Герасимова — СССР Финанс министерствин контрольпе ревизи управленийӗн республикӑри главнӑй контролер-ревизорне.

4. Иван Андреевич Глубникова—СССР Финанс министерствин контрольпе ревизи управленийӗн Пӑрачкав районӗнчи контролер-ревизорне.

5. Финанс служби 2-мӗш рангри советникне Елена Александровна Истопленникова́на—Госбанкӑн республикӑри кантурӗн аслӑ инспекторне.

6. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Елизавета Александровна Максимовӑна—Госбанкӑн Вӑрнарти уйрӑмӗн аслӑ кассирне.

7. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Николай Васильевич Мамакин-Валентинова—Госбанкӑн Канашри уйрӑмӗ çумӗнчи ялхуçалӑх банкӗн уполномоченнӑйне.

8. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Софья Алексеевна Маненковӑна—Госбанкӑн Пӑрачкаври уйрӑмӗн аслӑ инспекторне.

9. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Иван Лаврентьевич Матвеевские—Госбанкӑн Сӗнтӗрвӑрринчи уйрӑмӗн аслӑ бухгалтерне.

10. Финанс служби 2-мӗш рангри аслӑ советникне Михаил Григорьевич Налимова—Госбанкӑн республикӑри кантурӗн управляющи заместительне.

11. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Сергей Абрамович Немилова—Госбанкӑн Çӗрпӳри уйрӑмӗн аслӑ кассирне.

12. Петр Иванович Остроумова—Госбанкӑн Куславккари уйрӑмӗн управляющине.

13. Георгий Платонович Платонова — республика финанс министерствин сектор начальникне.

14. Финанс служби 2-мӗш рангри советникне София Семеновна Разуваевӑна—Госбанкӑн Улатӑрти уйрӑмӗн аслӑ инспекторне.

15. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Мария Андреевна Рассадинӑна—Госбанкӑн Пӑрачкаври уйрӑмӗн главнӑй бухгалтерне.

16. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Анастасия Гурьевна Ромновӑна—Госбанкӑн республикӑри кантурӗн аслӑ бухгалтерне.

17. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Валентина Николаевна Русосвӑна—Государствӑн перекет кассисемпе государство кредичӗн республикӑри управленийӗн аслӑ бухгалтерне.

18. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Павел Савельевич Савина—Госбанкӑн Куславккари уйрӑмӗн аслӑ кассирне.

19. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Николай Семенович Семенова—Госбанкӑн Вӑрмарти уйрӑмӗн главнӑй бухгалтерне.

20. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Иван Тимофеевич Смирнова—Госбанкӑн Канашри уйрӑмӗн главнӑй бухгалтерне.

21. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Надежда Семеновна Степановӑна—Улатӑр хулинчи 4424-мӗш номерлӗ тӗп перекет кассин аслӑ бухгалтерне.

22. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Григорий Филиппович Филиппова—Госбанкӑн Канашри уйрӑмӗн кассирне.

23. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Виктор Николаевич Флоринские—Улатӑр хулинчи финанс пайӗн инспекторне.

24. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Михаил Захарович Хлебникова—Сӗнтӗрвӑрри районӗнчи финанс пайӗн инспекторне.

25. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Мария Петровна Хохловӑна—Госбанкӑн Улатӑрти уйрӑмӗн аслӑ бухгалтерне.

26. Финанс служби 2-мӗш рангри советникне Елена Васильевна Христофоровӑна—Госстрахӑн Тӑвай районӗнчи инспекцийӗн аслӑ бухгалтерне.

27. Анатолий Аверкиевич Щеглова — Госбанкӑн республикӑри кантурӗн главнӑй кассирне.

28. Финанс служби 2-мӗш рангри кӗçӗн советникне Федор Петрович Щетинина—Госбанкӑн Етӗрнери уйрӑмӗн аслӑ кассирне.

29. Николай Андреевич Яснопольские—республика финанс министерствин аслӑ инспекторне.

**«ӖÇРЕ ПАЛӐРНӐШӐН» МЕДАЛЬПЕ**

1. Финанс служби 2-мӗш рангри советникне Васса Алексеевна Алексеевӑна—Октябрьски районӗнчи финанс пайӗн аслӑ инспекторне.

2. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Матрена Алексеевна Алексеевӑна—Советски районӗнчи 6285-мӗш номерлӗ тӗп перекет кассин главнӑй бухгалтерне.

3. Финанс служби 2-мӗш рангри кӗçӗн советникне Зинаида Петровна Алферовӑна — Госстрахӑн Етӗрне районӗнчи инспекцийӗн аслӑ бухгалтерне.

4. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Елизавета Васильевна Байдеряковӑна—Госбанкӑн Канашри уйрӑмӗн аслӑ кассирне.

5. Финанс служби 1-мӗш рангри кӗçӗн советникне Федосия Леонтьевна Банниковӑна—Улатӑр районӗнчи финанс пайӗн аслӑ бухгалтерне.

6. Финанс служби 2-мӗш рангри советникне Любовь Алексеевна Баусовӑна—Пӑрачкав районӗнчи финанс пайӗн аслӑ инспекторне.

(Юлашки пулать).

*Малта пыракансен ӗç опычӗ*

# Агротехникӑна лайӑх пурнӑçласа пыратпӑр

Партин XIX-мӗш съезчӗ пиллӗкмӗш пилӗк çуллӑх план тӗлӗшпе панӑ директивӑсенче ялхуçалӑхӗн пур отраслӗсене те хӑватлӑн аталантарса пыма пӑхнӑ. Тырпул тухӑçлӑхне тата выльӑх-чӗрлӗх шутне нумайлатса пынӑ вӑхӑтрах унӑн тухӑçлӑхне малалла ӳстерсе пырасси ялхуçалӑхӗ умӗнче тӑракан тӗп задача пулса тӑрать.

Эпӗ Елчӗк районӗнчи Ворошилов ячӗпе тӑракан колхоз тӗштырӑсемпе нумай çул ӳсекен курӑк вӑррисен тухӑçлӑхне ӳстерес тӗлӗшпе мӗнле ӗçлени, малта пыракан агротехникӑна мӗнле пурнӑçласа пыни çинчен каласа кӑтартасшӑн.

Виçӗ колхоз пӗрлешнӗ хыççӑн пирӗн ялхуçалӑх артелӗн акакан çӗр лаптӑкӗ 2.693 гектара çитрӗ. Артелӗн обществӑллӑ хуçалӑхӗ нумай енлӗ аталанса пырать. Уй-хир ӗçӗпе пӗрлех пахча çимӗç акса тӑватпӑр, сад, хӑмла ӗрчететпӗр, кантӑр нумай акатпӑр, нумай çул ӳсекен курӑксен вӑррисем туса илес тӗлӗшпе ӗçлетпӗр. Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗç вӑйланийӗçемӗн вӑйланать. Хуçалӑх çавӑн пек нумай енлӗ аталанни пысӑк тупӑш илме май парать. 1940 çулхипе танлаштарсан, укçан илнӗ тупӑш 1952 çулта 13 хута яхӑн ӳсрӗ. Иртнӗ çул пӗтӗмпе 1.285.950 тенкӗ тупӑш илнӗ.

Ворошилов ячӗпе тӑракан колхоз мӗнпур ялхуçалӑх культурисене пысӑк тухӑçлӑ туса илме вӗренсе çитрӗ. Вӑл халех ӗнтӗ партин XIX-мӗш съезчӗ тырпул тухӑçлӑхӗ тӗлӗшпе панӑ заданисене ӑнӑçлӑ тултарчӗ. Тӗштырӑсемпе техникӑллӑ культурӑсен тухӑçлӑхӗ, 1940 çулхипе танлаштарсан, икӗ хут ӳсрӗ. Çанталӑк лайӑх пулмарӗ пулин те, колхоз 1952 çулта пур ялхуçалӑх культурисем енӗпе те тухӑçлӑх планне ирттерсе тултарчӗ. Тӗштырӑсемпе пӑрçа йышши культурӑсен тухӑçлӑхӗ гектар пуçне 20 центнер пулчӗ. Кашни гектартан 44,5 центнер нумай çул ӳсекен курӑк ути, 2 центнер ытла нумай çул ӳсекен курӑк вӑрри пухса кӗртнӗ.

Уйрӑм бригадӑсем тата ӑнӑçлӑрах ӗçлерӗç. Акӑ, А. Михайловский юлташ ертсе пыракан 3-мӗш бригада гектартан 26 центнер çурхи тулӑ, 28 центнер сӗлӗ, 18,3 центнер пӑрçа, 23 центнер вир туса илнӗ.

Пӗрремӗш бригада çитӗнӗвне те палӑртмалла. Вӑл пирӗнпе пӗрлешиччен «МОПР» колхозӑн участокӗ пулнӑ çӗрте ӗçленӗ. Пӗрлешиччен çав колхоз гектар пуçне 9—10 центнертан ытла тӗштырӑ туса илеймен, халӗ çав çӗр çинчех 20—22-шер центнер тӗштырӑ, 160-шар центнер çӗрулми туса илессӗ. Çавӑн пек паха улшӑну вӑл малта пыракан агротехникӑна тӑрӑшса пурнӑçланипе пулчӗ.

Ялхуçалӑх производствине вӑйлӑн аталантарасси, чи малтан, курӑк акса тумалли çӗрӗç системине пурнӑçа тӗрӗс кӗртсе пынинчен килет. Пирӗн колхоз çак ӗçе 1946 çултан пуçласа тимлӗн пурнӑçласа пыма тытӑннӑ. Ун чухне 7 уйлӑ пусӑ çаврӑнӑшне пӑрахӑçа кӑларса, 10 уйлӑ пусӑ çаврӑнӑшӗ йӗркеленӗ, уй-хирте нумай çул ӳсекен курӑксемпе икӗ çул усӑ курма пуçланӑ. Мӑн Пала юхан шывӗ тӑрӑхӗнче выльӑх апачӗ, пахча çимӗç тата техникӑллӑ культурӑсем акма уйрӑм пусӑ çаврӑнӑшӗ тунӑ. Пусӑ чиккисем тӑрӑх, сырма хӗррисенче вӑрман тӑрӑхӗсем, сырмасенче шыв пухӑнса тӑмалли вырӑнсем тума пуçланӑ. Вӑрман тӑрӑхӗсен пӗтӗм лаптӑкӗ халӗ 20 гектара çитнӗ, кӳлӗсемпе пӗвесен лаптӑкӗ 16 гектар ытла шутланать.

Çӗр тухӑçлӑхне лайӑхлатса пырас шутпа колхоз 1947 çултан пуçласа пӑрҫа йышши нумай çул ӳсекен курӑксене пучахлӑ курӑксемпе хутӑштарса акма тытӑннӑ. Тырпул туса илмелли пусӑ çаврӑнӑшӗнче люцернӑна тимофеевкӑпа тата клевера тимофеевкӑпа, выльӑх апачӗ туса илмелли пусӑ çаврӑнӑшӗнче клеверпа люцернӑна тимофеевкӑпа, овсяницӑпа, шӑртсӑр костерпа хутӑштарса акатпӑр.

Халӗ эпир вӑтам шутпа нумай çул ӳсекен курӑксен утине кашни гектартан 35—45 центнер çулса илетпӗр. Ку ӗнтӗ тӑпра кӗрпеклӗхне палӑрмаллах лайӑхлатма пулӑшать, мӗншӗн тесен тӑпрара курӑк тымарӗсем нумай юлассӗ.

Нумай çул ӳсекен курӑксен тухӑçлӑхне мӗнле майпа ӳстерсе пынӑ-ха эпир?

Чи малтан çакна каламалла: пирӗн колхозниксем малта пыракан совет агрономи наукине тӑрӑшса пурнӑçлассӗ. Курӑк вӑрлӑхне акма лайӑх хатӗрлетпӗр. Акас умӗн вӑрлӑха сывлӑшпа тата хӗвелпе кушӑхтаратпӑр, гранозанпа имçамлатпӑр. Акас кун клеверпа люцерна вӑрлӑхне нитрагинпа тата пӗрчӗлетнӗ суперфосфатпа хутӑштаратпӑр. Суперфосфата гектар пуçне 50 килограмм илетпӗр. Кашни гектар çине 13—15 килограмм люцерна е клевер тата 4—5 килограмм тимофеевка акатпӑр. Выльӑх апачӗ туса илмелли пусӑ çаврӑнӑшӗнче тӗрлӗ курӑксен вӑрлӑхне гектар çине 20—25 килограмм кӗртетпӗр. Курӑксене пӗтӗмпех сеялкӑсемпе тырпул тӑрӑхне урлӑ, пӗр-икӗ кун хушшинче акса хӑваратпӑр.

Курӑксем акнӑ участокри тырпула эпир комбайнпа пухса кӗртетпӗр, улӑма çийӗнчех пухса илетпӗр. Хӑмӑл 15—20 сантиметр тӑршшӗ юлать. Çакӑ вара юр ытларах тытса хӑварма кирлӗ. Тырпула вырса илнӗ хыççӑн курӑка гектар пуçне 2 центнер суперфосфатпа, 0,75 центнер хлорлӑ калипе апат паратпӑр.

Курӑк уйӗнче юр тытса унӑн хулӑмӑшне сахалтан та 25—30 сантиметра çитеретпӗр. Çуркунне ир-ирех пусса пӗлтӗрхи хӑмӑлтан тимӗр сӳресемпе е лашапа ӗçлекен кӗреплесемпе тасатса тухатпӑр.

Курӑксем акса туни колхоза пысӑк тупӑш парать. Анчах чи хакли вӑл çакӑ: нумай çул ӳсекен курӑксем тӑпра кӗрпеклӗхне, тӑпра тухӑçлӑхне ӳстерессӗ. 1940 çулта пирӗн колхоз гектартан тӗштырӑсем 11,4 центнер туса илнӗ пулсан, пусӑ çаврӑнӑшне йӗркелесе çитерчӗ хыççӑнхи 1950 çулта вӗсене 17,25 центнер, 1951 çулта 20,7 центнер, 1952 çулта 20 центнер пухса кӗртнӗ.

Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозра çӗре наука хушнӑ пек ӗçлесе çемçетесси пурнӑçа кӗрсе пырать. Хӑмӑла сухаласа кӗрхи тата хура çӗртме тӑвассӗ, сухалакан тӑпра сийне таранлатса пырассӗ. Ирхи çӗртмене те лайӑх сухалассӗ. Çуртрине ӗнтӗ 1947 çултанпах кӗрхи çӗртме тӑрӑх акассӗ. Иртнӗ çулта суха кассине 27—30 сантиметр тарӑнӑшне çитернӗ. Çӗре çакӑн пек сухаласа çемçетни кӑна, ӑшӑхрах сухалакан колхозсенчипе танлаштарсан, гектар пуçне 3—4 центнер ытларах тырпул туса илме май парать.

Кунта Елчӗк МТС-ӗ пирки каласа хӑвармалла. Вӑл çак таранччен çӗре ӗçлесе çемçетмелли чи лайӑх майсене çителӗксӗр пурнӑçлать-ха.

Пирӗн район условийӗнче тӑпрари нӳрӗне сыхласа хӑварасси уйрӑмах пысӑк вырӑн йышӑнать. Çавна шута илсе, касӑ тӑррисем кушӑрхама пуçласанах икӗ-виçӗ кун хушшинче кӗрхи тата хура çӗртме пуссисене волокушӑпа сӗтӗрттерса тухатпӑр. Волокушӑпа усӑ курни тӑпра кӗрпеклӗхне ватмасть, çураки ӗçӗсене хӑвӑртрах туса ирттерме, нӳрӗк пӑсланасси не чакарма пулӑшать. Тӑпра сӗрӗмми пулсан культиваци тӑватпӑр. Культиваторсем çумне гвоздевкӑсем çапласа ӗçлетпӗр. Ку вӑл нӳрӗк пӑсланассине чакарма кирлӗ. Кӑçал эпир лайӑх кӗрпеклӗ участоксенче тӑпрана культиваци тумасӑрах акатпӑр, волокушӑпа анчах сӗтӗрттерса якататпӑр.

Пирӗн колхозра ӳсентӑрансене пӑхса ӳстерес ӗç çине питӗ тимлӗн пӑхассӗ. Хӗлле уй-хирте тӗрлӗ майсемпе юр нумай тытса хӑварассӗ. Халӗ эпир кунсерен 15—20-шер гектар юр тытатпӑр. Мартӑн 1-мӗшӗ тӗлне 675 гектар çинче юр тытнӑ. Юр хулӑнӑшӗ 50—60 сантиметра çитрӗ. Çуркуннехи шыва та мӗн май килнӗ таран тытса хӑварма хатӗрленетпӗр.

Пӗлтӗр, çанталӑк условийӗсене шута илсе, акнӑ участоксене катокпа пусӑрӑнтартӑмӑр. Çакӑ вӑл тӑпрари нӳрӗке тырӑ пӗрчисем патне лайӑхрах пырса тӑма пулӑшрӗ. Акӑ, 2-мӗшпе 4-мӗш бригадӑсенче пӗрремӗш уйра çурхи тулла пӗр кунтах трактор сеялкисемпе акнӑччӗ, удобренисем те пӗр пекех панӑччӗ. 4-мӗш бригада тулӑ участокне катокпа пусӑрӑнтарчӗ, 2-мӗш бригадӑра çав ӗçе туса ирттермен. 4-мӗш бригадӑра, 2-мӗш бригадӑрипе танлаштарсан, тулӑ тухӑçлӑхӗ гектар пуçне, 2,1 центнер ытларах пулчӗ.

Хуратулла, кантӑра, ыраша, люцернӑпа тимофеевкӑна искусственнӑй майпа шӑркалантаратпӑр.

Ӳсентӑрана сиен кӳрекен чӗр-чунсемпе тата чир-чӗрсемпе кӗрешес ӗçе те çулсеренех вӑйлатса пыратпӑр.

Колхоз вырӑнти тата минераллӑ удобренисемпе тӗрӗс усӑ курас енӗпе пысӑк çитӗнӳ турӗ. Пусӑ çаврӑнӑшӗсене удобренисем кӑларса тӑма схема тунӑ. Бригадӑсем валли производство заданийӗсем хатӗрленӗ чухне, тӑпра тата тырпул уйрӑмлӑхӗсене шута илсе, кашни ялхуçалӑх культурине мӗн чухлӗ удобрени пама кирлине кӑтартатпӑр.

Удобренисемпе усӑ курасси çулсерен ӳсет. 1940 çулта вӑтам шутпа кашни гектар пуçне 2 тонна тислӗк, 7 килограмм минераллӑ удобрени тивнӗ пулсан, 1951—1952 çулсенче 5 тонна тислӗк, 3—4 центнер минераллӑ удобренисем тивнӗ. Пӗлтӗр хире 8.630 тонна тислӗк, вӑл шутран тислӗкпе фосфоритран тунӑ компост 1.270 тонна, кунсӑр пуçне минераллӑ удобренисем 4.589 центнер кӑларнӑ.

1951 çултан пуçласа пӗрчӗлетнӗ удобренисемпе анлӑн усӑ курма тытӑнтӑмӑр. Çурхи тулӑ, нумай çул ӳсекен курӑк, кантӑр, выльӑх кӑшманӗ тата пахча çимӗç вӑрлӑхӗсене пӗрчӗлетнӗ суперфосфатпа хутӑштарса акатпӑр.

Пӗлтӗр нитрагинсӑр пуçне азотобактеринпа тата фосфоробактеринпа та усӑ курма пуçларӑмӑр. Иртнӗ çулта, сӑмахран, азотобактеринпа тата фосфоробактеринпа хутӑштарса имçамланӑ тулла 165 гектар çине акнӑ. Шута илни çакна кӑтартса пачӗ: бактериллӗ удобренисенчен пирӗн патӑрта фосфоробактерин ытларах усӑ кӳрет. Акӑ, фосфоробактеринпа хутӑштарса акнӑ участокра гектартан, ытти участоксемпе танлаштарсан, 6,9 центнер ытларах çурхи тулӑ тухнӑ.

Колхоз 1949 çултанпа тырпула пӗтӗмпех паха сортлӑ вӑрлӑхсемпе акать. Вӑрлӑх туса илес тӗлӗшпе ятарласа уйӑрнӑ бригада ӗçлет. Вӑрлӑха акма тӑрӑшса хатӗрлетпӗр, унӑн пахалӑхне 1-мӗшпе 2-мӗш класа çитеретпӗр, акас умӗн вутпуççинчен имçамлатпӑр, хӗвелпе тата сывлӑшпа ӑшӑтса кушӑхтаратпӑр.

Колхозниксем вӑхӑта тӗрӗс хаклама вӗренсе çитрӗç. Çуркунне тӗштырӑсене хӑвӑрт, 6—7 кунта акса пӗтеретпӗр.

Вӑйлӑ тырпулшӑн пыракан кӗрешӗве агротехникӑллӑ уйрӑм ӗçсене пурнӑçласа пынипе çеç ниепле те татса пама çук. Уйрӑм ӗçсем, тем пек кирлӗ пулин те, агротехникӑн, пӗтӗм комплекспе пурнӑçламасӑр пурпӗрех çителӗклӗ таран усӑ параймассӗ. Çавӑнпа та ӗнтӗ кашни колхозрах çӗрӗç культурине пур енӗпе те ӳстерсе пымалла.

Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозри колхозниксемпе колхозницӑсем çитес çулсенче çӗрӗç культурине татах та ытларах лайӑхлатма пулассӗ. Çавна май çӗнӗ пилӗкçуллӑх вӗçленнӗ тӗле кашни гектартан 30 центнер тӗштырӑ, кашни ӗнерен 2.500 литр сӗт суса илме обязательство йышӑнассӗ.

Е. ВАСИЛЬЕВА,
Елчӗк районӗнчи Ворошилов ячӗпе тӑракан колхоз агрономӗ.

# Индонези халăхӗ никама пăхăнманлăхшăн кӗрешет

Индонези составне Азин кăнтăр-хӗвелтухăç пайӗнчи, Австралипе Индо-Китай хушшинчи виçӗ пине яхăн утрав кӗрет. Вӗсен пӗтӗм лаптăкӗ икӗ миллион тăваткал километра яхăн. Индонезин çӗм вăрманӗсемпе витӗннӗ утравӗсем çинче питӗ пысăк пуянлăхсем—нефть, тăхлан, çӗр кăмрăкӗ, ылтăн, кӗмӗл, пăхăр т. ыт. те пур. Вăрçăччен унта тӗнчери тăхлан производствин 17 процентне, каучукăн виçӗ пайӗнчен пӗр пайне ытла туса кăларнă.

Индонези пуянлăхӗсем ӗлӗкренпех ют çӗршывсен çăткăн куçӗсене илӗртнӗ. Голландецсенчен малтанрах кунта португалецсем, испанецсем, акăлчансем вырнаçма хăтланнă. Ют çӗршывсенчен килнӗ пусмăрçăсем хушшинче çивӗч кӗрешӳ пынă. Сăмахран, голландецсемпе акăлчансем хушшинчи хӗçпăшаллă тытăçусем пулнине истори лайăх пӗлет. 350 çул ӗлӗкрех голландецсем малтан Ява утравӗн хӗвеланăç пайне, унтан пӗтӗм архипелага тытса илнӗ.

Çӗршывăн колониллӗ сăн-сăпачӗ пысăк хуласенче уйрăмах уççăн курăнать. Акă, сăмахран, Джакарта хули. Вăл—пысăк порт тата Кăнтăр-Хӗвелтухăç Азири суту-илӳ центрӗ. Кунта виçӗ миллиона яхăн çын пурăнать. Анчах çак пысăк хулара тасарах урамсемпе площадьсем пурӗ те темиçе çеç, вӗсенче пысăк феодалсен, çавăн пекех Америка, Голланди предпринимателӗсен отелӗсем, банкӗсем тата дворецӗсем вырнаçнă. Ыттисем вара йăлтах пӗчӗк пӳртсем, бамбукран тунă хӳшӗсем.

Хулапа лайăхрах паллашсан, кунта Голланди колонизаторӗсен вырăнне тата çăткăнрах тискер кайăксем—Америка монополисчӗсем йышăнса пыни уççăнах курăнать. Пур çӗрте те Америка фирмисен «Кока-кола ӗçӗр!», «Камель туртăр!», «Нейлон чăлхасем илӗр!» тенӗ кăшкăрашуллă рекламăсем курăнаççӗ. Портпа аэродромра пӗрмаях Америка çар летчикӗсем, Нью-Йоркран, Вашингтонран, Сан-Францискăран тата США-ри ытти хуласенчен килнӗ усламçăсем тӗл пулаççӗ. Чи лайăх отельсемпе çуртсене американецсем йышăннă.

Тӗнчери иккӗмӗш вăрçăччен Кăнтăр-Хӗвелтухăç Азири çак анлă сарăлса выртакан территори çинче пӗтӗмпех Голланди империалисчӗсем хуçаланса пурăннă. Вӗсем Индонезин 72 миллион çынлă халăхне хаяррăн пусмăрласа çаратнă. Çак халăхăн юнӗпе тарӗнчен Амстердам, Гаага банкирӗсем, плантаторсемпе промышленниксем питӗ пысăк услам илнӗ.

Тӗнчери иккӗмӗш вăрçă вăхăтӗнче Индонезие Японии захватчикӗсем тытса илнӗ. Совет Çарӗ татăклăн хутшăннипе Японии милитарисчӗсене çӗмӗрсе тăкнă хыççăн, ют çӗршыв империалисчӗсен пусмăрӗнче темиçе ӗмӗр хушши хӗн-хур тӳссе пурăннă Индонези халăхӗ ют çӗршывсен пусмăрӗнчен ирӗке тухма, ирӗклӗх тата наци никама пăхăнманлăхне çӗнсе илме май пуррине ăнланнă. 1945 çулхи августăн 17-мӗшӗнче çӗршер пин рабочисем, хресченсем хуласемпе ялсен урамӗсене тухнă. Вӗсем çине тăрса çапла ыйтнă:

— Ирӗклӗх, яланлăха ирӗклӗх!

Халăх массисене коммунистсен партийӗ, рабочисен партийӗ, сулахай социалистсем, профсоюзсем, хресченсен организацийӗсем ертсе пынă. Çавна пула Индонези халăхӗ республика туса хунă тата колониллӗ йӗркене пӗтерсе тăкма ыйтнă.

Анчах империалистсем Индонези ирӗклӗ çӗршыв пулмалли çинчен каланине илтесшӗн те пулман. Ява утравӗ çине авиаци тата тинӗс-çар флочӗ пулăшнипе Англи çарӗсене илсе пырса антарнă. Пикăсемпе тата трофейлă винтовкăсемпе çеç хӗçпăшалланнă индонезиецсене хирӗç акăлчансем вăрçă вăрçма пуçланă. Индонези патриочӗсем, япăх хӗçпăшалланнă пулин те, хăйсен тăван çӗршывне хӳтӗлес ӗçре паттăррăн кӗрешнӗ. Вӗсем Англи çарӗсем тапăннине нумай уйăхсем хушши чарса тăнă.

Джакарта, Семаранг, Сурабайя тата ытти паха центрсене тытса илнӗ хыççăн акăлчансем вӗсене хăйсен партнерӗсене—Голландин пуç пулса тăракан ушкăнӗсене панă. Голландин пуç пулса тăракан ушкăнӗсем вара, американецсемпе акăлчансем пулăшнипе, Ява тата Суматра утравӗсем çине лайăх хӗçпăшалланнă 130 пин çынлă çар илсе пынă.

Индонези халăхӗ ирӗклӗхпе никама пăхăнманлăхӗшӗн кӗрешнине çӗр чăмăрӗ çинчи мӗнпур тӳрӗ кăмăллă çынсем хута кӗчӗç. Совет Союзӗн делегацийӗ Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗнче Индонезие никама пăхăнман çӗршыв тăвассишӗн, агрессорсене ответ тыттарассишӗн пӗр хут кăна мар тухса каларӗ. СССР, Украина тата ытти демократиллӗ çӗршывсен представителӗсем ООН трибуни çинчен каланă сăмахсем Индонези патриочӗсен чӗрисене савăнăçпа, шанчăклăхпа, хăюлăхпа хавхалантарчӗç.

Мана çаксене хам куçпа курма тиврӗ. Эпӗ Джакартăран, Сурабайăран тата ытти хуласенчен çамрăксен отрячӗсем фронта, хăйсен тăван çӗршывне хӳтӗлеме кайнине куртăм. Вӗсен речӗсенче ют çӗршыв захватчикӗсене курайман, çирӗп ăс-хакăллă, хăйсен тӗрӗс ӗçӗ çӗнтерессе çирӗппӗн шанакан хăюллă çамрăксем пыратчӗç.

Эпир хамăр çӗршывăн Сталинград паттăрӗсем çапăçнă пекех çапăçатпăр,—терӗç Индонезири çамрăк патриотсем.

1948 çул вӗçленнӗ тӗле лару-тăру уйрăммăнах начарланчӗ. Империалистсем çамрăк республикăна хирӗç пысăк вăйсем илсе пычӗç. Захватчиксем хăйсен агентури—Индонезин буржуаллă лидерӗсем пулăшнипе демократиллӗ фронтăн чи паллă деятелӗсене—Мусона, Амир Шарифуддина, Мурато Дарусмана, Сурипнона, Харьонона тата ыттисене те вӗлерчӗç. Пиншер патриотсене тӗрмере асаплантарса е персе вӗлернӗ.

Демократиллӗ фронта хирӗç питӗ хытă пырса çапнă хыççăн Голландипе Америка тата Англи империалисчӗсем 1949 çул вӗçӗнче Гаагăра çаврака сӗтел конференцийӗ тенӗскерне пухрӗç.

Империалистсем хăйсем мӗн тума пултарнине турӗç. Вӗсем çав конференцире Индонезие ячӗшӗн çеç хăйне уйрăм çӗршыв пулнă пек турӗç. Колонизаторсем хăйсен кивӗ меслечӗпе—колонисене çаратмалли «вакласа пайла та хуçа пул» текен меслечӗпе усă курчӗç. Кӗскен каласан, вӗсем Индонези правительствин пуçлăхӗсем пулма хăйсен агентурине,—вырăнти феодалсемпе буржуази представителӗсене лартрӗç. Çавна пула вара колонизаторсем çӗршыва тата вăйлăрах эксплуатацилеме май илчӗç. Халӗ Голландипе Британирен килнӗ «хуçасем» çумне Америкăран килнӗ «хуçасем» хутшăнчӗç.

Халăхсен мире хӳтӗлес тӗлӗшпе Венăра пулса иртнӗ Конгресне килнӗ Индонези делегацийӗн членӗ Сукрисно Прагăра иртнӗ пресс-конференцире çапла каланă: «Индонезие ячӗшӗн çеç никама пăхăнман çӗршыв туса хунă «çаврака сӗтел» конференцийӗ тенӗскер экономикăллă кивӗ йӗркене сыхласа хăварчӗ, çав йӗрке Индонезире монополистла шултра капитала тата унăн влиянине хӳтӗлет. Империалистсен политики Индонезие яланах империалистсене кирлӗ каучук, нефть, кофе, чей тата ытти чӗртавар парса тăракан çӗршыв, йӳнӗ ӗç вăйӗпе усă курса капиталистсем валли питӗ пысăк услам илсе тăмалли çӗршыв туса хурас тӗллев лартать».

Индонезире чӗртавар питӗ нумай, çакă ӗнтӗ американецсене пуринчен ытла илӗртет. Суматрăн çурçӗр пайӗнче Америкăн Матьюз Фонс монополийӗ хăйӗн ӗçӗсене сарса янă, вăл каучук плантацийӗсене нумайăшне хăйӗн аллине тытса илнӗ. Çав утрав çинчех, Пакан Бару районӗнче, Америкăн Калтекс компанийӗ нефть нумай тухакан районсене тытса илнӗ; океан леш енчен килнӗ бизнесменсем Ява, Суматра, Борнео утравӗсем çинче нефть тасатмалли çӗнӗ заводсем туса лартнă. Çакă вăл, паллах, Голландипе Англи плантаторӗсене питӗ кӳрентерет.

Американецсем Индонезирен Лăпкă океан çинчи плацдарм туса хурасшăн, Индонези халăхӗпе тупă ашӗ вырăнне усă курасшăн. Индонези столицине час-часах Америка офицерӗсем пыра-пыра çӳреççӗ. Ява утравӗ çинчи Бандунг районӗнче летчиксен шкулне уçнă, унта Америка инструкторӗсем ертсе пынипе Индонези летчикӗсене вӗрентеççӗ. Вырăнти çара Америка çарӗ евӗрлӗ тăваççӗ.

Америка империализмӗ Индонезие çӗмӗррӗн пырса кӗни Индонези халăхне питӗ тарăхтарать. Халăх массăллăн протестленине пула ӗнтӗ, Америка майлă тăракан Сукиман правительствин отставкăна тухмалла пулнă. Çав правительствăра ют çӗршыв ӗçӗсен министрӗ пулнă Субарджо Америкăран çар «пулăшăвӗ» илсе тăрасси çинчен халăхран вăрттăн тунă килӗшӳ çине алă пуснă.

Пӗлтӗрхи апрель уйăхӗнче, нумай вăхăт хушши калаçусем пынă хыççăн, нациллӗ парти лидерӗ Вилопо ертсе пыракан çӗнӗ правительство туса хунă.

Правительство кризисӗ вăхăтӗнче коммунистсен партийӗ халăха чӗнсе каланинче мӗнпур партисемпе организацисене çапла чӗнсе каланă: прогрессивлă правительство, фашизма хирӗç пыракан, Индонези халăхне чуралантарас тӗллевпе тунă килӗшӳсене пăрахăçа кăларма тăрăшакан правительство туса хумалла, тенӗ. Коммунистсен партийӗ акă мӗншӗн тăнă: Америка «пулăшăвӗ» текенскерне илсе тăрассине тата çӗршывăн никама пăхăнманлăхне пӗтерсе тăкакан килӗшӳсене пăрахăçламалла, Америка Индонезие Совет Союзӗпе тата халăх демократи çӗршывӗсемпе суту-илӳ тума чарнине пӗтермелле, гражданла мӗнпур правăсене çӗнӗрен туса хумалла, пухусем, забастовкăсем, демонстрацисем ирттерме тата ытти ирӗклӗхсем памалла.

Анчах çӗнӗ правительство та Индонези халăхӗн интересӗсене хирӗçле политика тытса пырать. Çак правительство нумаях пулмасть США-па тӳрремӗнех вăрçă «килӗшӗвӗ» мар пулин те, унтан кая мар чуралантаракан «килӗшӳ»—техника ыйтăвӗсем енӗпе килӗштерсе ӗçлемелли Управлени урлă «пулăшу» илсе тăмалли «килӗшӳ» тунă.

Индонези халăхӗ, ӗлӗкхи пекех, питӗ йывăр условисенче пурăнать. Çӗршыври нумай районсенче выçăпа аптраççӗ. Ява утравӗн вăтаçӗр пайӗнче юлашки уйăхсенче выçăпа çичӗ пин çын ытла вилнӗ. Ачасем уйрăмах нумай вилеççӗ. «Суара ракьят» хаçат пӗлтернӗ тăрăх, ачасенчен 40 процентчӗ выçăпа вилет. Индонезири паллă доктор Судармо: «Ява утравӗ çинче тӗнчери пур вырăнсенчен те начартарах апатланаççӗ», тенӗ. Çӗршывра кашни 70 пин çын пуçне пӗр врач çеç тивет.

Наци ирӗклӗхӗшӗн пыракан юхăм кунтан-кун анлăрах сарăлать. Компартипе пӗрле Пӗтӗм Индонезири профсоюзсен икӗ миллион çурă ытла члена пӗрлештерсе тăракан организацийӗ (СОБСИ) кӗрешет. Вăл рабочисемпе батраксен прависемшӗн, çӗршывăн наци никама пăхăнманлăхӗшӗн, колониллӗ йӗркесене пӗтерессишӗн татăклăн тăрать. Çак кӗрешӗве хӗрарăмсен тата студентсен прогрессивлă организацийӗсем активлă хутшăнаççӗ.

Рабочи класс пӗтӗçсе тăни, унăн класлă ăнланăвӗ çӳлӗ шайра пулни СОБСИ-н пӗлтӗрхи октябрь уйăхӗнче пулса иртнӗ нациллӗ конференцийӗнче уйрăмах уççăн палăрнă.

Конференци умӗн Америка империализмӗн пӗтӗм тӗнчери ирӗклӗ профсоюзсен федерацийӗ текенскерӗнчи агенчӗсем СОБСИ речӗсене сапаласа яма тӗрлӗ майсемпе хăтланнă. Çак профсоюзсен ятарласа уйăрнă представителӗ Гольдберг шăпах çав заданипе Джакартăна пынă. Анчах СОБСИ членӗсем ăна татăклă отпор панă. Федерацин генеральнăй секретарӗ Ньоно çапла каланă: СОБСИ хăйне Пӗтӗм тӗнчери профсоюзсен Федерацийӗн членӗ тесе шутлать, вăл миршӗн, вăрçă чӗртекенсене хирӗç кӗрешес ӗçре мӗнпур ӗççыннисен пӗрлӗхне тума тăрăшать. Ньоно çапла каланине конференцин мӗнпур участникӗсем тăвăллăн алă çупса ырланă.

Çӗршыври рабочисен юхăмне çавăн пекех троцкистсем пулăшнипе те сапаласа яма хăтланнă. Троцкистсем Бандунгра профсоюзсен хăйне уйрăм центрне туса хунă. Анчах рабочисем вăл центр хыççăн кайман. Раскольниксем ют çӗршывсенчи империалистсен агентури пулнине СОБСИ тăрă шыв çине кăларнă.

СОБСИ ертсе пынипе 1952 çулхи октябрӗн иккӗмӗш çур уйăхӗнче хăватлă забастовкăсем ирттернӗ. Ялхуçалăхӗнчи рабочисен забастовкине пӗр миллион çын ытла хутшăннă. Çавăн пекех Джакарта, Сурабайя, Семаранг, Макасар, Белаван порчӗсенчи тата ытти портсенчи грузчиксен забастовкисене йӗркеллӗ ирттернӗ. Юлашки вăхăтри паллă событи сахăр промышленноçӗнчи рабочисен забастовки пулса тăрать.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съездӗнче Индонезири Коммунистсен партийӗн Центральнăй Комитечӗн представителӗ хăйсен çӗршывӗнчи миллионшар ӗççыннисен ячӗпе çапла каланă:

— Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ Индонези халăхне тата ытларах хавхалантарӗ тата вăл çӗнтерӳ тăвас шанăçа, вăл Маркс, Энгельс, Ленин, Сталин кăтартса панă çулпа пырсан кăна нацин никама пăхăнманлăхне çӗнсе илме пултарас шанăçа çирӗплетӗ!

Çав шанăç çирӗпленсех пырать.

Г. АФРИН.

## Чехословакири Коммунистсен партийӗн Центральнăй Комитечӗн Президиумӗпе Чехословаки Республики Правительствин чрезвычайнăй ларăвӗ

ПРАГА, мартăн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви пӗлтернӗ тăрăх, Республика Президенчӗ тата Чехословакири Коммунистсен партийӗн Председателӗ Клемент Готвальд вилнӗ май паян Коммунистсен партийӗн Центральнăй Комитечӗн Президиумӗпе Чехословаки Республики Правительствин пӗрлехи хурлăхлă ларăвӗ пулса иртнӗ. Хурлăхлă ларăва премьер-министр Антонин Запотоцкий уçнă. Пӗрлехи ларура Клемент Готвальда пытаричченех пӗтӗм республикăра Государственнăй траур пулни çинчен пӗлтерме йышăннă. Государственнăй траур кунӗсенче государство ялавӗсемпе хӗрлӗ ялавсене тайăлтараççӗ. Государственнăй траур вăхăтӗнче спектакльсемпе киносеанссем, концертсем, культурăллă вечерсем, спорт ăмăртăвӗсем тата уявсем ирттермеççӗ.

Республика Президентне тата Чехословакири Коммунистсен партийӗн Председательне Клемент Готвальд юлташа пытарассине организацилеме комисси тунă. Комиссие çаксем кӗреççӗ: комисси председателӗ А. Запотоцкий, комисси членӗсем В. Широкий, К. Бацилек, А. Чепичка, А. Новотный, Й. Плойгар, Э. Шлехта, Г. Климент, Б. Келлер; комисси секретарӗ Р. Градец.

## Карл Маркса асăнса

ЛОНДОН, мартăн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Совет Союзӗн Англири Повереннăйӗ Белохвостиков совет халăхӗ ячӗпе Хайгет масарӗ çинче Карл Марксăн вилтăпри çине чечек кăшăлӗ хунă.

Вилтăпри çине çавăн пекех тата Чехословаки, Болгари, Венгри, Румыни халăхӗсенчен, Германири социалистсен пӗрлӗхлӗ партийӗнчен, Великобританири Компартин Центральнăй Комитетӗнчен, Великобританири комсомолăн наци комитетӗнчен, Лондонри Инди студенчӗсен ушкăнӗнчен тата ытти нумай рабочисенчен, прогрессивлă организацисемпе уйрăм çынсенчен чечек кăшăлӗсем хунă.

## Хурлăхран вăй туса хумалла

ПЕКИН, мартăн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Китай халăхӗн чи лайăх тусӗпе—Сталин юлташпа сывпуллашнă кунсенче Мао Цзэ-дун хурлăхран вăй туса хума чӗнсе каланине Китай ӗççыннисем ӗçре çӗнӗ çитӗнӳсем тунипе ответлеççӗ.

Тайюаньри металлурги комбинатӗнчи электрокăмакасен цехӗн коллективӗ, тесе çырать паян «Гунженьжибао» хаçат, Сталин юлташа асăнса ирттернӗ хурлăхлă митингра продукци туса кăларассине ӳстерме пулнă хыççăн, хурçă шăратса кăларас ӗçре çӗнӗ çитӗнӳсем тунă. Мартăн цехӗнче ӗçлекен рабочисем ӗçре ăмăрту сарса янă, кокс цехӗнчи коллектив юлашки кунсенче продукци туса кăларассине ӳстерес тӗлӗшпе 33 рационализаторла çӗнӳ панă.

Комбинат рабочийӗсем çапла калаççӗ: комбинатра производство совет халăхӗ пулăшнипе тата Сталин юлташ атте пек тăрăшнипе ӳснине асра тытса, эпир тата лайăхрах ӗçлеме, хурçă хăвăрт шăратмалли меслетсемпе усă курма тата март уйăхӗнче планран ирттерсе 200 тонна хурçă шăратса пама пулатпăр.

Кантонри ӗççыннисем, тесе пӗлтерет Синьхуа агентстви, хурлăхлă митингсенче Сталин юлташăн портречӗ умӗнче пӗтӗм вăй-хăвата парса ӗçлеме тупа тунă. Кантонри электроуправлени предприятийӗсенче ӗçлекен рабочисемпе служащисем 1953 çулхи производство планне срокчен тултарма пулнă.

## Корея халăхӗ аслă Сталин ятне чыслать

ПХЕНЬЯН, мартăн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Аслă Сталин вилнӗ хурлăхлă кунсенче Пхеньян хули варринчи Моранбон сăрчӗ çине вырнаçтарнă выставкăна 30 пин çын ытла пырса курнă. Выставка И. В. Сталинăн пурнăçӗпе революциллӗ ӗçӗсем çинчен, коммунизмăн аслă стройкисем çинчен—сталинла саманари пысăк стройкăсем çинчен каласа парать. Выставка çавăн пекех тата совет халăхӗ мирлӗ ӗçре тунă чаплă çӗнтерӳсем çинчен, Аслă Отечественнăй вăрçă çулӗсенче Сталин ертсе пынипе тунă çӗнтерӳсем çинчен каласа парать. Выставкăн пӗр пайӗ—«Генералиссимус Сталин — Корея халăхӗн аслă тусӗ» ятлă.

## Кореяйри ӗçсем

### ХАЛĂХ ÇАРӖН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартăн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халăх Республикин Халăх çарӗн Главнăй командованийӗ паян çапла пӗлтернӗ: Корея Халăх çарӗн соединенийӗсемпе Китай халăх добровольцӗсен чăсӗсем Америкăпа Англи интервенчӗсене тата Ли Сын Ман çарӗсене хирӗç артиллерирен персе çапăçнă.

## „Коммунизм ялавӗ" хаçатăн куççа çӳрекен парнисене илмелли ăмăрту

**Ăмăртура «Искра» спорт обществин, пир-авăр комбиначӗн, Электромеханически техникумӗн, пир-авăр техникумӗн, арçын ачасен 11-мӗш номерлӗ тата хӗрачасен 3-мӗш номерлӗ вăтам шкулӗсен командисем мала тухнă**



ӲКЕРЧӖК ÇИНЧЕ: «Искра» спорт обществин команди (сулахайран сылтăмалла)—М. Михайлов, Н. Медничихина, Л. Вилюнова, А. Ермолаев, В. Титов, К. Перлова, Г. Мамутин, М. Яковлева, Н. Кутузов тата Н. Хлобыстова.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчӗкӗ.

* *

Мартăн 15-мӗшӗнче Шупашкарти йӗлтӗрçӗсем ирхине ирех Атăл çине тухрӗç. Кунта «Коммунизм ялавӗ» хаçатăн куççа çӳрекен парнисене илмелли спорт ăмăртăвӗ пулчӗ. Хӗллехи спорт сезонӗ вӗçленнӗ ятпа кашни çулах ирттерекен ăмăртăва кăçал фабрикăсемпе заводсенчи, учрежденисемпе организацисенчи, институтсемпе техникумсенчи, шкулсенчи йӗлтӗрçӗсем 300 çынна яхăн хутшăнчӗç.

Ирӗклӗ спорт обществисемпе институтсенчи командăсем енӗпе илсен «Медик», «Искра», «Молния» спорт обществисен командисенче вăйлă йӗлтӗрçӗсем ытларахха курăнчӗ. «Медик» спорт обществинчи паллă йӗлтӗрçӗ Биктимирова старт панă хыççăнах мала пыма тытăнчӗ. Пӗрремӗш этапа вăл пуринчен те малтан вӗçлерӗ. Иккӗмӗш этапра çак командăри Кошелев хыççăнах тенӗ пек «Искра» спорт обществи членӗ Кутузов тата «Молния» спорт обществи членӗ Крупин ăмăртăва хутшăнчӗç. Ӗçлӗх Хӗрлӗ Ялав орденлӗ заводри çамрăк слесарь Крупин, икӗ йӗлтӗрçӗне хăваласа иртсе, финиша килсе çитрӗ. «Искра» спорт обществи командинчи йӗлтӗрçӗсем—иккӗмӗш вырăнта.

Çакăн хыççăн çак икӗ командăри йӗлтӗрçӗсем ытти командăсенчи йӗлтӗрçӗсене чылай кая хăварса пыма тытăнчӗç. Ăмăрту вӗçленес умӗн хăшпӗр командăсем 4—5 километра яхăн кая юлчӗç. Юлашки этапра «Искра» спорт обществи членӗ республикăри паллă йӗлтӗрçӗ Михайлов ăмăртăва хутшăнчӗ. Ун хыççăнах тенӗ пек «Молния» спорт обществи командинчи Вишневский питӗ васкаса ярăнса пыма тытăнчӗ. Михайлов, финиша малтан килсе çитсе, «Искра» командине кăçал та мала кăларчӗ.

Вырăнсенчи физкультура коллективӗсенчи командăсен ăмăртăвӗнче пир-авăр комбиначӗн команди мала тухрӗ.

Шупашкарти электромеханически техникумри йӗлтӗрçӗсем, çамрăксем енӗпе мала тухса, тăваттăмӗш çул ӳмлă-хыçлă «Коммунизм ялавӗ» хаçат парнине илме тивӗçлӗ пулчӗç. Хӗрсен ăмăртăвӗнче пир-авăр техникумӗн команди мала тухрӗ.

Арçын ачасем енӗпе илсен пурӗ 11 команда ăмăртăва хутшăнчӗ. Кунта пӗрмаях тенӗ пек арçынсен иккӗмӗш вăтам шкулӗнчи йӗлтӗрçӗсем малта пычӗç, анчах юлашки этапра 11-мӗш номерлӗ вăтам шкулта вӗренекен Николай Кочкарев, 2-мӗш номерлӗ вăтам шкулти Владимир Ивановран иртсе, хăйсен командине мала кăларчӗ. Çак команда иртнӗ çул та «Коммунизм ялавӗ» хаçатăн куççа çӳрекен парнине илнӗ. Хӗрачасен командисен ăмăртăвӗнче 3-мӗш номерлӗ шкул командиi пӗрремӗш вырăн йышăнчӗ.

## Колхозсенчен пӗлтереççӗ

ШĂХАСАН. Ленин ячӗпе тăракан колхоз кашни çулах вăйлă тырпул туса илет. Колхозниксемпе колхозницăсем, партин XIX-мӗш съезчӗн решенийӗсемпе хавхаланса, кăçалхи çул пысăк тухăçлă тырпул туса илме ӗмӗтленеççӗ.

Колхозра иккӗмӗш çул агрокурс ӗçлет, ăна МТС-ăн главнăй агрономӗ Слесарьев юлташ ертсе пырать. Курсра колхоз руководителӗсем, бригадирсем, звеньевойсем 15 çын вӗренеççӗ. Колхозра çуракине вăйлă хатӗрленеççӗ. Тислӗк, кӗл нумай хатӗрленӗ, 80 тонна минераллă удобрени кӳрсе килнӗ. Çак кунсенче уй-хире торф кăларма тытăнчӗç.

В. МИХАЙЛОВ.

* * *

ÇӖРПӲ. Хыркассинчи «Родина» колхозра виççӗмӗш çул ӗнтӗ зоотехника курсӗ ӗçлет. Курса Патăрьел зооветучастокӗн зоотехникӗ В. Иванова юлташ ертсе пырать. Кăçалхи вӗренӳ çулӗнче пурӗ 30 заняти ирттернӗ. Дояркăсем, выльăх-чӗрлӗх пăхакансем занятисене йӗркеллӗ çӳреççӗ. А. Платонов, Ф. Алексеева, В. Богатырева юлташсем курсра отлично вӗренсе пыраççӗ.

С. НИКИФОРОВ.

* * *

ОКТЯБРЬСКИ. «Звезда» колхоз вăрман касса турттармалли тата çул хӗрне илсе тухмалли кăçалхи плана январь уйăхӗнчех ирттерсе тултарнă.

Иртнӗ çулта колхоз Атăл леш енче 370 кубометр йывăç касса хатӗрленӗ. Халӗ çав йывăçа колхозри строительство валли турттараççӗ. Строительство ӗçӗсене анлă сарма пăхнă.

А. ПОЛИКАРПОВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

## Бирма çарӗсем гоминдан бандисене хирӗç кӗрешни

ЛОНДОН, мартăн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентствин Рангунри корреспонденчӗ Бирма çар министерствинчен илнӗ сведенисем тăрăх çапла пӗлтерет: Бирма правительствин çарӗсем чанкайшистсен Бирмăри тӗп вăйӗ тăракан Монг-Сата районӗнче гоминдан бандисене хирӗç активлăн кӗрешеççӗ. Гоминдановецсем Монг-Сатаран тухса кайма пуçланă.

Бирма авиацийӗ çак района юлашки виçӗ эрне хушши пӗрмаях тапăнать.

Çакăнпа пӗрлех Бирма çарӗсем Салуин секторӗн центрӗнче операцисем туса ирттереççӗ тата кăнтăр секторта Монг-Ну çине наступлени тума пуçланă.

## Японии парламенчӗ Иосида правительствине шанмасть

ШАНХАЙ, мартăн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Токиори радио пӗлтернӗ тăрăх, ӗнер Японии парламенчӗн кӗçӗн палати 229 сасăпа Иосида правительствине шанмалла мар тесе йышăннă. Çакна хирӗç 218 сасă пулнă. Премьер-министр Иосида, конституциллӗ йӗркесемпе усă курса, парламентăн кӗçӗн палатине салатса ямалла туни çинчен тата парламент суйлавне çӗнӗрен ирттермелле туни çинчен пӗлтернӗ. Иосида правительстви поражени тӳсесси Японии кабинечӗн политикине парламентри оппозици хытă критикленӗ тата нумай вăхăт хушши министрсем вӗçӗмсӗр улшăнса тăнă тата ертсе пыракан партире хăйӗнче харкашусем тухнă пирки пулнă. Парламентăн çак сессийӗнче Японии кабинетне критиклени Японии хальхи правительствин халăха хирӗçле политикипе Японии общественноçӗн анлă сийӗсем кăмăлсăр пулнинчен тухса тăнă. Японии правительстви хăйне Америка империализмӗн урапи çумне кăкарса хунă.

### ИРАНРИ ХРЕСЧЕНСЕМ ПОМЕЩИКСЕМПЕ ÇАПĂÇНИ

ПАРИЖ, мартăн 10-мӗшӗ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви корреспонденчӗ Тегеранран пӗлтернӗ тăрăх, мартăн 6-мӗшӗнче Иранăн хӗвеланăç пайӗнчи Нурабал ялӗнче помещиксемпе хресченсем хушшинче пысăк çапăçу пулса иртнӗ. Икӗ хресчене вӗлернӗ, 35 хресчене амантнă.

### КИНО

«РОДИНА»—мартăн 17-мӗшӗнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Оборона Царицына», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетре пуçланакан сеанссенче «Горячее сердце».

«УДАРНИК»—мартăн 17-мӗшӗнче «Боевые подруги».

«ЭЛЕКТРИК» — мартăн 17-мӗшӗнче фильм-спектакль «Горячее сердце».

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ—мартăн—17-мӗшӗнче чăвашла спектакль «Парнелле туй». 20 сехетре пуçланать.



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—5-74, парти пурнăç пайӗ—3-99, ялхуçалăх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, çырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

МТ 01331 Типографи №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.